ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Февраль
5
ВЫРСАРНИКУН
№ 26 (9705)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Воронеж облаçĕнчи колхозниксем, колхозницăсем, МТС-семпе совхозсен работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем ССР Союзĕн ялхуçалăхĕнчи мĕнпур работниксене

# ЧĔНСЕ КАЛАНИ

Хаклă юлташсем!

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти тата январьти Пленумĕсен историлле решенийĕсене пурнăçласа, Воронеж облаçĕнчи колхозниксем, колхозницăсем, МТС-семпе совхозсен работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă туса илессине икĕ хут, сахăр кăшманĕ туса илессине—2,8 хут, хĕвелçаврăнăшĕ туса илессине—2,9 хут, сĕт суса илессине пĕр хут çурă ытларах ӳстерчĕç, çавăн пекех аш-какай, çăм тата çăмарта илессине ӳстерчĕç. Çакă вара облаçри колхозсемпе совхозсене тырă, хĕвелçаврăнăшĕ, сахăр кăшманĕ, пахча çимĕç, çĕрулми, сĕт тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлемелли тата сутăн илмелли государство планне срокчен, чылай ирттерсе тултарма май пачĕ.

Çак малтанхи результатсем колхозсемпе совхозсенче КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн решенийĕнче палăртса хунине кĕске срокрах пурнăçлама, ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине чылай ӳстерме çав тери пысăк резервсемпе майсем пуррине ĕненмелле кăтартса пачĕç.

Облаçри колхозсемпе совхозсен çавăн пекех аш-какай туса илессине, ăна государствăна парассине тата сутассине нумай ӳстерме пысăк майсем пулнă. Анчах çав майсемпе усă курайман. Çавна пула облаçри колхозсемпе совхозсем аш-какай туса илес ĕçре питĕ юлса пыраççĕ.

Çав вăхăтрах, хуçалăха пĕлсе тытса пырсан, кĕске срок хушшинчех аш-какай, уйрăмах сысна ашĕ туса илессине нумай ӳстерме май нуррине кăтартса паракан паха тĕслĕхсем пур.

Бобров районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозра 1955 çулта усă куракан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне аш-какай 35,8 центнер, Нижне-Девичье районĕнчи «13-я годовщина Октября» колхозра—34,8-шер центнер, Семилуки районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозра—33,9-шер центнер туса илнĕ. Акăнакан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне Павлово районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз сысна ашĕ 28,5 центнер, Семилуки районĕнчи Партин 16-мĕш съезчĕ ячĕпе тăракан колхоз—27,4 центнер, Лево-Россошански районĕнчи «Красный октябрь» колхоз—21,8 центнер туса илчĕç.

Малта пыракан совхозсем аш-какай тата сысна ашĕ чылай ытларах туса илеççĕ. Семилуки районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан совхоз 1955 çулта усă куракан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне аш-какай 232 центнер, çав шутра акăнакан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ 238 центнер, Бутурлиновка районĕнчи «Ударник» совхоз аш-какай — 129 центнер, çав шутра сысна ашĕ 144-шар центнер туса илнĕ.

Совхозсен аш-какай туса илессине ӳстерме пысăк майсем пур. Çакна «Масловский» совхозри тĕслĕхрен курма пулать. Çак совхозра 1954 çулта ялхуçалăхĕнче усă куракан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне аш-какай 98 центнер, çав шутра акăнакан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ 73 центнер туса илнĕ. Çакăнпа пĕрлех тата выльăхсене самăртма государствăран мĕнпур апатсен 60 проценчĕ чухлĕ концентратлă апат илнĕ. 1955 çулта, акăнакан çĕр лаптăкĕсен структурине урăхлатса тата 1.311 гектар кукуруза акса, совхоз гектартан вăтам шутпа 23,8 центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ, выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрленĕ, ялхуçалăхĕнче усă куракан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне аш-какай 126 центнер, çав шутра акăнакан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ 108 центнер туса илнĕ. Çакă вара государствăна аш-какай ытларах пама пулăшнă: 1954 çулта государствăна 5 пин центнер, 1955 çулта 6.800 центнер панă.

Совхоз коллективĕ 1956 çулта государствăна 16,2 пин центнер аш-какай, çав шутра 14,7 пин центнер сысна ашĕ гектар пуçне шутласан: ялхуçалăхĕнче усă куракан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне аш-какай 300 центнер, çав шутра акăнакан çĕр лаптăкĕн 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ 270 центнер туса пама йышăннă. Çавăн чухлĕ сысна ашнĕ совхоз чи малтанах амасене пĕр хутчен çăврлаттарассине анлăн сарса пынипе хатĕрлет. Çамрăк амасене пĕр хут çăврлаттараççĕ, ун хыççăн пур çурасене те, çавăн пекех сысна амисене хăйсене те аш тума самăртаççĕ, кайран государствăна параççĕ. Совхозра сыснасене çулталăк тăршшĕпех лагерьсенче усраççĕ, халĕ лагерьсенче пĕр хутчен çăврлаттарнă амасемпе вĕсен çурисем тата самăртма хупнă сыснасем 2 пин ытла шутланаççĕ.

Анчах та çакна та йышăнмалла: облаçри нумай колхозсемпе совхозсем аш-какай çав-çавах сахал туса илеççĕ. Иртнĕ çулта облаçри 254 колхоз сысна ашĕ акăнакан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 5 центнертан та каярах, совхозсен виççĕмĕш пайĕ—20 центнертан та каярах туса илнĕ. Пĕтĕмĕшпе илсен, облаçри колхозсем 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшне çитиччен ялхуçалăхĕнче усă куракан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне аш-какай 15,7 центнер, çав шутра акăнакан çĕр лаптăкĕн кашни 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ 6,2 центнер кăна туса илнĕ. Колхозсем сысна çурисен улттăмĕш пайĕнчен пĕр пайне государствăна панă тата сутнă, сысна çурисен ытларах пайне çамрăклах сутса пĕтернĕ.

Эпир çакна ăнланатпăр: партипе правительство халăха апат-çимĕç парса тăрассине чылай лайăхлатма палăртнă задачăна пурнăçлас тесен, КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ аш-какай туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе тума хушнă ĕçсене хăвăртрах пурнăçланинчен килет.

**КПСС XX-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илме хатĕрленсе тата ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне сӳтсе явса, эпир хамăрăн вăйсене шута илтĕмĕр те çапла йышăнтăмăр: 1956 çулта колхозсемпе совхозсенче мĕнпур йышши аш-какай туса илессине, ăна государствăна парассине тата сутассине, 1955 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытла ӳстеретпĕр.**

Эпир çавăн пекех сĕт илессине чылай ӳстерес задача лартатпăр. Иртнĕ икĕ çул хушшинче колхозсем кашни ĕнерен сĕт суса илессине 708 килограмм ӳстернĕ, пĕтĕмĕшпе сĕт суса илесси икĕ хут ытла ӳснĕ. Кăçалхи хуçалăх çулĕн тăватă уйăхĕ хушшинче колхозсенче кашни ĕнерен вăтамран 358 килограмм сĕт суса илнĕ, пĕтĕмĕшпе сĕт суса илесси икĕ хут ытла ӳснĕ. Иртнĕ çул çав вăхăт хушшинче 180-шар килограмм сĕт суса илнĕ пулнă. **Эпир, хамăр вăйсене шута илсе, колхозсемпе совхозсенче çулталăк çурă хушшинче, тепĕр майлă каласан, 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1957 çулхи апрелĕн 1-мĕшне çитиччен сĕт суса илессине пĕтĕмĕшпе икĕ хут ӳстерме йышăнтăмăр.**

Халĕ эпир çак задачăна татса пама пултаратпăр, мĕншĕн тесен облаçри колхозсемпе совхозсенче выльăх апачĕн никĕсĕ чылай тĕрекленчĕ.

Выльăх апачĕн никĕсне тĕреклетме пулăшакан чи кирлĕ услови вăл пĕр вăхăтрах тĕштырă тата выльăх апачĕ хатĕрлеме май паракан, тухăçлă пулакан кукуруза акнă лаптăка чылай пысăклатни пулчĕ. 1955 çулта колхозсенче 238 пин гектар çинче, совхозсенче—44 пин гектар çинче кукуруза акнă, пур çĕрте те пекех унăн çимĕç массине тĕшшине тухăçлă туса илнĕ. Çакă вăл колхозсенче 619 пин тонна силос хывма тата ăвăс пек пулса çитнĕ кукуруза пуçĕсене 212 пин тонна консервлама май пачĕ. Ку вăл кашни ĕне пуçне вăтам шутпа 6,8 тонна силос хывнине тата сыснасене самăртма кукуруза пуçĕсене çителĕклĕ таран консервланине пĕлтерет. Совхозсенче 162 пин тонна силос хывнă тата кукуруза пуçĕсене 33 пин тонна консервланă. Кунсăр пуçне, колхозсемпе совхозсен выльăх апачĕн балансĕнче кукурузăн тинĕ тĕшши пысăк пай йышăнать.

Эпир çапла шутлатпăр: аш-какай туса илессине ӳстермелли тĕп резерв вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн хăвăртрах тупăш илме май паракан отраслĕ—сысна ĕрчетни пулса тăрать. 1956 çулта эпир колхозсенче 512 пин сыснаран кая мар (1955 çулта 105,4 пин сысна самăртнă), совхозсенче—177 пин сысна (иртнĕ çул 82,1 пин сысна самăртнă) самăртма палăртатпăр. Çакă пире акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне колхозсенче сысна ашĕ 20 центнертан кая мар (1955 çулта 6,2 центнер пулнă), совхозсенче—74 центнер (иртнĕ çул 34,8 центнер пулнă) туса илме май парать.

**Çакăн чухлĕ сысна ĕрчетсе самăртас тесе, эпир колхозсенчи 48,5 пин, совхозсенчи 5,6 пин тĕп амасемсĕр пуçне, суркунне тата 70 пин çамрăк сысна амине пĕр хутчен çăврлаттаратпăр, ку вăл пире малтанхи çур çул хушшинчех кăçал государствăна сысна самăртса памалли плана тултарма пулăшать.** 1956 çулта облаçри колхозсемпе совхозсенче пурĕ 115 пин ытла çамрăк сысна амине пĕр хутчен çăврлаттараççĕ. Малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартса пачĕ: çамрăк амасене пĕр хутчен çăврлаттарни экономика енчен питĕ усăллă, çамрăк амасенчен илнĕ çурасен хăйне ларакан хакĕ ялан çăврлаттаракан тĕп амасенчен илнĕ çурасен хăйне ларакан хакĕнчен икĕ хута яхăн йӳнĕрех.

Çамрăк амасене пĕр хутчен çăврлаттарса илнисĕр пуçне, эпир тĕп амасене, вĕсем суркунне çăврланă хыççăн, хăйсене çурасем ĕмнĕ вăхăтрах чуптарса хăваратпăр; çакăн пек тусан—амасем яланхинчен 4—5 эрне иртерех çăврлаcа параççĕ.

Эпир сыснасене пăхса ӳстерес тата самăртас ĕçре концентратлă апатсемсĕр пуçне симĕс тата сĕтеклĕ апатсемпе анлăн усă куратпăр; малашне кашни колхозрах симĕс конвейер валли кукуруза, сахăр кăшманĕ тата пăрça йышши культурăсем акса тăватпăр. Çакă пире кашни центнер сысна ашĕн хăйне ларакан хакне йӳнетме май парать.

Самăртма палăртнă сыснасене вырнаçтарма пирĕн витесем çитмеççĕ-ха. Çавăнпа та сыснасене хупса усрама, çамрăк амасене пĕр хутчен çăврлаттарма кашни колхозра тата совхозра лагерьсем тата самăртмалли площадкăсем тăваççĕ. «Масловский» совхоз опычĕпе усă курса, çак çурт-йĕрсенче вара сыснасене çулталăкĕпех самăртма тытăнатпăр. Çавăн пекех эпир, самăртма хупнă сыснасене тата пĕр хутчен çăврлаттарма хупнă çамрăк амасене ушкăншарăн усраса; хальхи витесемпе усă курассине те 30 процента яхăн ӳстеретпĕр. Сыснасене лагерьте усрани тата колхозсемпе совхозсенчи витесемпе лайăхрах усă курни сысна фермисенчи работниксен ĕç тухăçлăхне ӳстерет.

Сысна ашĕ туса илессине ӳстерме май паракан резервсемпе усă курнипе пĕрлех, эпир кашни колхозра тата совхозра майракаллă шултра выльăхсемпе сурăхсене ӳстерес, ирĕкре çӳретсе тата хупса самăртас, чăх-чĕпсемпе хур-кăвакалсене аш-какай тума ĕрчетес ĕçсене те лайăхлататпăр.

Аш-какай нумай хатĕрлесси, тĕпрен илсен, сутăн илмелли хакна государствăна аш-какай сутмалли плана чылай иртерсе тултарнипе пулса пымалла, çакна май колхозсемпе колхозниксен тупăшĕсем нумай ӳсеççĕ. Сысна ашĕ ытларах тунипе тупăшсене хăвăрт ӳстерме май пуррине Павлово районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозăн опычĕ кăтартса парать. Колхоз 1955 çулта аш-какай тума 1.400 сысна самăртса государствăна панă тата закуп йĕркипе сутнă. Кашни сыснан вăтам виçи 90—95 килограмм пулнă. Колхоз сысна ферминчен 1 миллион та 120 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Çакă колхозăн пĕтĕм тупăшĕн виççĕмĕш пайĕ чухлĕ пулать.

Халĕ закуп шучĕпе государствăна мĕнле те пулин нумайрах аш-какай сутни колхозсемшĕн усăллă. Государствăна закуп шучĕпе аш-какай обязательнăй йĕркепе тăратмалли планра палăртнă хисепрен 30 процент ытларах сутсан, уншăн колхоза аш-какай сутăн илмелли хак çумне 20 процент хушса тӳлеççĕ.

Паллах ĕнтĕ, кашни колхозрах, кашни совхозрах аш-какай тата сĕт туса илессине кĕске вăхăтрах нумай ӳстермелли майсем пур.

**Хамăрăн тăван Коммунистсен партийĕн чĕнĕвĕ çине ответлесе, эпир, Воронеж облаçĕнчи колхозниксем, колхозницăсем, МТС-семпе совхозсен работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче аш-какайпа сĕт туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе палăртнă задачăна срокчен пурнăçлама, 5 çул хушшинче мар, пĕр çулталăкрах аш-какай туса илессине икĕ хут ӳстерме, сĕт илессине çулталăк çурăрах икĕ хут ӳстерме обязательствăсем илетпĕр.** Тĕштырă, сахăр кăшманĕ, хĕвелçаврăнăшĕ, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине те малалла ӳстерсе пырассишĕн çине тăрса кĕрешĕпĕр.

Эпир пирĕн Тăван çĕршыври ялхуçалăхĕнчи мĕнпур работниксене 1956 çулта аш-какай, сĕт тата ялхуçалăхĕн ытти продукчĕсене ытларах туса илессишĕн, вĕсене государствăна ытларах парассишĕн тата сутассишĕн, çапла майпа пирĕн халăх — апат-çимĕç, промышленность—чĕртавар ыйтнине туллинрех тивĕçтерессишĕн социализмла ăмăртăва анлă сарма чĕнетпĕр. Çак задачăна пурнăçлани ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешӳре пысăк ĕç туни пулĕ.

**Чĕнсе калама Воронеж облаçĕнчи колхозниксен, МТС-семпе совхозсен работникĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен пухăвĕсенче сӳтсе явса йышăннă.**

## Механизаторсем Директивăсен проектне сӳтсе яваççĕ

МУРКАШ. Хĕрӳ ĕç кунĕ вĕçленнĕ хыççăн механизаторсемпе юсав ĕçĕнче ĕçлекенсем партин усă пухăвне пычĕç. Кун йĕркинче ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе явасси. Çак ыйтупа пухура Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ М. Андреев юлташ доклад туса пачĕ.

Доклад хыççăн коммунистсемпе партире тăман механизаторсем хăйсен шухăшĕмĕчĕсене каласа пачĕç.

Чи малтанах мастерской заведующийĕ Шихранов коммунист сăмах илчĕ. Вăл çакна палăртрĕ: хальхи вăхăтра МТС-ра виçĕ двигатель шутланать. Вĕсем вырăнне пĕр пысăк двигатель лартнă пулсан, усăллăрах пулмалла, тăкаксем те хальхинчен чылай сахалтарах пулнă пулĕччĕç. Çакна Ялхуçалăх министерстви шута илмест. Çавăн пекех МТС-а кивĕ, ĕçлеме юрăхсăр станоксем ярса параççĕ. Çакă вăл юсав ĕçĕсенче хытă чăрмантарать. Шихранов юлташ улттăмĕш пилĕкçуллăхра МТС-сем валли паха станоксем ытларах туса кăларма сĕнет.

— Директивăсен проектĕнче, — тет Васильев тракторист,— çĕнĕ пилĕкçуллăхра тĕштырă туса илессине чылай ӳстерме палăртнă. Çакна пурнăçлас тесен, пирĕн патăрта вырăнти удобренисемпе анлăн усă курни кирлĕ. Анчах районти уйрăм колхозсенче çак ĕçе пачах хакламаççĕ. Сăмахран, Ульянов ячĕпе тăракан колхозра ку таранччен те уя тислĕк кăларма тытăнман.

МТС-ăн главнăй зоотехникĕ Судаков юлташ çакăн пек сĕнӳ тăратрĕ. Районти инкубатор станцийĕнче 22 лаша вăйлĕ двигательсен иккĕ шутланаççĕ. Вĕсене çулталăкра виçĕ уйăх хушши кăна ĕçлеттереççĕ. Ситменнине тата унти механик çулталăкĕпех ĕç укçи илсе тăрать. Судаков юлташ инкубатор станцине МТС штатне куçарма сĕнет. Çапла тусан укçа-тенкĕ те чылай перекетленет, инкубатор станцийĕн ĕçĕ те лайăхланма пултарать.

Унтан МТС-ăн аслă механикпе Музыков юлташа сăмах параççĕ. Вăл акă мĕн çинчен калать. Директивăсен проектĕнче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри вăй нумай хумалли процессене механизацилессишĕн машина-трактор станцийĕсен ответлăхне ӳстерме палăртнă. Анчах фермăсенчи йывăр ĕçсене механизациленĕ çĕрте пысăк чăрмавсем тĕл пулаççĕ. Уйрăмах çак ĕçсене тума кирлĕ оборудовани тупса илме çук. Чăвашпотребсоюз ăна вăхăтра кӳрсе килмест. Çавăн пекех колхозсене двигательсем нумай уйăрса параççĕ, анчах электрооборудовани уйăрса памаççĕ. Вĕсене тупса илме питĕ йывăр. Çак ĕçре малашне тивĕçлĕ йĕрке туса хумалла.

— Перекетлĕх режимне çирĕппĕн пăхăнса ĕçлес тесен,— тет вăл,— тракторсемпе тухăçлă ĕçлени, ĕç тухăçлăхне ӳстерни кирлĕ. Анчах халĕ эпир тухăçлă ĕçлейместпĕр. Пире тракторсенчен кăкарса ĕçлеттермелли машинăсем çителĕксĕрри хытă чăрмантарать. Акă, сăмахран, МТС-ра сеялкăсем сахал. Çавăнпа та ака-суха ĕçĕнче час-часах тракторсене пĕр сеялкăпа кăна ĕçлеттерме тивет. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра трактор сеялкисем ытларах туса кăларни кирлĕ.

Главнăй агроном Ижутов юлташ Ялхуçалăх министерстви машина-трактор станцине кирлĕ мар машинăсем ярса пани çинчен калать. Çапла, кирлĕ мар çĕртенех МТС-а йывăр каток ярса панă. Çавăн пекех вăл юлашки вăхăтра ялхуçалăх валли сложнăй молотилкăсем сахал туса кăларнине тата вĕсен конструкцийĕ начаррине палăртать. МТС-ри «МК-1100» маркăллă сложнăй молотилкăсем кивелсе çитнĕ, вĕсене юсама запаслă пайсем тупса илме çук. Ригари завод туса кăларакан сложнăй молотилкăсен пахалăхĕ начар.

Механизаторсем КПСС XX-мĕш съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне пĕр кăмăллă пулса ырларĕç. Пуху Директивăсен проектĕнчен тухса тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлас, МТС-ăн ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

## КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕн

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Улатăрти хуткупăссемпе йĕлтĕрсем тăвакан фабрикăри сборщик В. Варгин хуткупăссен сулахай енчи механизмĕсене пухать. Вăл, КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, ĕç нормине 177 процент таран тултарса пырать.

Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

## Çĕрпӳсем хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçлаççĕ

**ÇĔРПӲ. («Коммунизм ялавĕ» корр., телефонпа). Сивĕ çанталăн вăраха тăсăлни кăçал выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçе чылай йывăрлатрĕ. Апла пулин те районти выльăх-чĕрлĕх пăхакансем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе йышăннă обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçлаççĕ.**

**Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ 1955—1956 хуçалăх çулĕн пирвайхи тăватă уйăхĕнче колхозсенче ĕнесенчен мĕн чухлĕ сĕт суса илнин итогĕсене пăхса тухрĕç. Октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне пĕтĕм районĕпе кашни ĕнерен 371 литр, вăл шутран январь уйăхĕнче 120 литр сĕт суса илнĕ.**

**Ăмăртура Хрущев ячĕпе тăракан колхозри сĕт-çу ферминче ĕçлекенсем малта пыраççĕ. Вĕсем февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен вăтам шутпа 911-шер литр сĕт суса илнĕ. Колхозри доярккăсем съезд уçăлнă кун тĕлне кашни ĕнерен 1.100 литртан кая мар суса илме тăрăшаççĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхозра кашни ĕнерен тăватă уйăхра 831 литр, «Новая жизнь» колхозра 620 литр, Мичурин ячĕпе тăракан колхозра 530 литр сĕт суса илнĕ.**

**Доярккăсем хушшинчи ăмăртура Сталин ячĕпе тăракан колхозри дояркă, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ М. Петрова юлташ пĕрремĕш вырăн йышăннă. Вăл хăй пăхакан кашни ĕнерен февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне 1.164-шар литр сĕт суса илнĕ. Хрущев ячĕпе тăракан колхозри Р. Кузьмина, Т. Филиппова, Е. Антонова доярккăсем те малта пыраççĕ.**

**Иртнĕ çулсенче ĕнесенчен сĕт суса илессипе юлса пынă колхозсем кăçал выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе тĕпрен лайăхлатса, палăрмалла ӳсĕмсем турĕç. Молотов ячĕпе тăракан колхозра çĕнĕ хуçалăх çулĕн малтанхи тăватă уйăхĕнче, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, кашни ĕнерен 155 литр, «Красный этновец» колхозра 149 литр, «Коммунар» колхозра 127 литр нумайрах сĕт суса илнĕ.**

**Февралĕн 14-мĕшĕнче, КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун, Çĕрпӳре каллех районти выльăх-чĕрлĕх пăхакансен кунне иртереççĕ. Доярккăсем çав кун тĕлне съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене нумай иртерсе тултарма тăрăшаççĕ.**

## Энергетиксен ăмăртăвĕ

КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, Атăл леш енчи электростанци коллективĕ иртнĕ уйăхри плана иртерсе тултарчĕ, производство планĕн техникăпа экономика кăтартăвĕсене лайăхлатмалли задание те ăнăçлă пурнăçларĕ. Юлашки вăхăтра пур цехсем те пĕр тикĕс ĕçлеççĕ. Уйрăмах электроцех паха тĕслĕхсем кăтартать. Ăна икĕ хут дирекципе завкомăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне пачĕç.

Электростанци коллективĕ Директивăсен проектне чун-чĕререн савăнса кĕтсе илчĕ. А. Красотин машинист, Г. Васильев электрик, Е. Третьяков слесарь, Б. Болотов инженер тата ытти юлташсем, рабочисемпе служащисен пĕрлехи пухăвĕнче сăмахсем тухса каласа, малашне тата тăрăшарах ĕçлеме пулчĕç.

Электростанци коллективĕ 1956 çулхи плана срокчен тултарма, планран иртерсе 1 миллион киловатт-сехет электроэнерги туса кăларма, 900 тонна топливо перекетлеме, ĕç тухăçлăхне, планпа палăртнинчен 5 процент ӳстерме, планран иртерсе 200 пин тенкĕ таса тупăш тума социализмла обязательство йышăнчĕ.

Цехсенче, сменăсенче, бригадăсенче панă сăмаха чыслăн пурнăçлассишĕн ăмăрту вăйланса пырать.

**П. КРАСНОВ.**
**Электростанцинчи партбюро секретарĕ.**

## Артель членĕсен хастарлăхĕ

Пирĕн кăçал иртнĕ çулхинчен 25 процент нумайрах продукци туса кăлармалла. Партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, эпир çулталăк планне декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне, январьпе февраль уйăхĕсен планне—вунă кун маларах тултарма обязательство йышăнтăмăр.

Цехсенче съезд умĕнхи ăмăрту сарăлса пырать. Январь уйăхĕнче артель планран иртерсе 18.117 тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. 8 цехран çиччĕшĕ задание ытлашшипех тултарчĕç. Трикотажнăй цех коллективĕ (цех начальникĕ Дмитриева юлташ) уйăх планне 138 процент, металран тунă япаласене юсакан цех (начальникĕ Пучков юлташ) 155 процент тултарчĕç.

Кăçал артель коллективĕ çĕнĕрен виçĕ йышши продукци туса кăларма тытăнать. Кунпа пĕрлех производствăна механизацилес енĕпе те пирĕн ӳсĕм тумалла. Уйăх каялла çĕвĕ цехне 20 мотор вырнаçтарса лартрăмăр. Халĕ кунта машинăсене электричество вăйĕпе ĕçлеттереççĕ.

**М. ИВАНОВ.**
**Канашри Ленин ячĕпе тăракан артель председателĕ.**

## Квартал планне—мартăн 15-мĕшĕ тĕлне

**Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне хатĕрленнĕ май Госстрах инспекцийĕн Канаш районĕнчи работникĕсем хăйсен ĕçне лайăхлатса пыраççĕ. Вĕсем страховани енĕпе пĕрремĕш кварталта укçа пухмалли плана мартăн 15-мĕшне тултарма обязательство йышăннă.**

**Районти страховани работникĕсем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Вĕсем пĕрремĕш кварталти финанс планне 47,1 процент, çак шутран ирĕклĕ страховани енĕпе укçа пухмалли плана—60,8 процент тултарчĕç.**

**Н. ЯСНОПОЛЬСКИЙ.**

## *Ĕç тухăçлăхĕ ӳсет*

ТĂВАЙ. Районти типографи коллективĕ, улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе явса, кăçалхи икĕ уйăх планне февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне тултарма йышăнчĕ.

Типографире хаçатсене бланксем пичетлес ĕçе механизациленĕ. Январь уйăхĕнче пичетлекен икĕ машина электричество вăйĕпе ĕçлеме тытăнчĕç. М. Иванова, Ю. Турхан наборщицăсем, Л. Смирнова печатница тата Н. Пермяков мастер хастарлă ĕçленипе январь уйăхĕн планне вунă кун маларах тултарнă.

**Г. МАТВЕЕВ.**
**Районти «Сталин ялавĕ» хаçат редакторĕ.**

# СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин тата США президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр

# ПĔР-ПĔРИН ПАТНЕ ПОСЛАНИСЕМ ЯНИ

Паллă ĕнтĕ, январĕн 25-мĕшĕнче ССР Союзĕн США-ри чрезвычайнăй тата полномочнăй послĕ Г. Н. Зарубин США президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр патĕнче пулнă, ăна СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин январĕн 23-мĕшĕнчи посланине панă; послани текстне совет пичетĕнче пичетлесе кăларнăччĕ.

Февралĕн 2-мĕшĕнче Г. Н. Зарубин посол США государство секретарĕ Джон Ф. Даллес патĕнче пулнă, ăна Н. А. Булганинăн январĕн 23-мĕшĕнчи посланийĕ çине США президенчĕ ответленĕ май СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин США президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр патне çырнă çĕнĕ послание панă.

Аяларахра Н. А. Булганинăн январĕн 23-мĕшĕнчи посланийĕ çине США президенчĕ панă ответăн тата Н. А. Булганин США президенчĕ патне февралĕн 1-мĕшĕнче янă çĕнĕ посланин тексчĕсем пичетленеççĕ.

«1956 çулхи январĕн 27-мĕшĕ.

Хисеплĕ Председатель господин,

Сире эпĕ Эсир январĕн 23-мĕшĕнче çырнă, мана Зарубин посол пырса панă çырушăн тав тăвасшăн. Ун пирки эпĕ тĕплĕн шухăшласа пăхрăм.

Мана çыру пуçламăшĕнчех çапла калама ирĕк парсамăр: эпĕ чăнах та ĕнтĕ кучухнехи тĕнчери лару-тăру мĕнпур государствăсене, уйрăмах аслă державăсене, тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма, тĕнчери халăхсем пĕр-пĕрне шанса тăрассине тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетме тăрăшма хушать, тесе шутлатăп. Аркатакан вăйсен хăвачĕ ӳссе пынăçемĕн çак вăйсене контроллесе тата паллă висçере пӳлсе тăмалли йĕрке туса хума тăрăшни кăна мар, çавăн пекех сынсене çак вăйсемпе усă курмашкăн хистеме пултаракан, хальхи вăхăтри антагонизма пĕтерме тăрăшни те кирлĕ пулса пырать. Эпĕ Сире шантарсах калама пултаратăп, Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи халăхсем тата вĕсен политикăлла мĕнпур руководителĕсем çавăн пек шухăшлаççĕ. Эпĕ çакна шанса тăратăп: ку шухăшпа тĕнчери пур халăхсем те килĕшеççĕ, халăхсем пурте миршĕн тăрăшнине шута илесси политикăлла влаçа шанса панă çынсен пысăк обязанноçĕ пулса тăрать.

Эсир аса илме пултаратăр ĕнтĕ, хамăрăн халăхсем хушшинчи историлле туслăх пире çав тери хаклă актив пани çинчен эпĕ пĕр хут çеç мар каланăччĕ. Эпĕ чунтан шанатăп, çак никĕс çинче политика енĕпе лайăхрах хутшăнусем туса хума май пулĕччĕ. Эпĕ Сире, Председатель господин, çакăн çинчен шантарса калама пултаратăп: мир çурчĕ тăвас ĕçе Америка халăхĕнчен ытларах парăннă халăх пĕтĕм тĕнчере те çук. Хальхи вăхăтри тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхпа хăрушлăхсене пĕтерессишĕн пирĕн пĕтĕм халăх тăрăшать. Пĕр-пĕр ырă ĕç пĕтĕм тĕнчере тĕрĕслĕхлĕ мир туса хума пулăшассине шанса тăнă чухне эпир чăнах та çавăн пек ĕçе пурнăçламасăр тăмастпăр.

Пирĕн çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен 20 çуллăха договор туни хальхи вăхăтра мир ĕçне усă кӳресси çинчен Эсир халĕ панă сĕнĕве эпĕ шăпах çав шухăшпа асра тытса пăхса тухрăм.

Пĕрремĕшĕнчен, эпĕ çакна палăртатăп: пирĕн çĕршывсем пĕр-пĕринпе халичченех чаплăн йышăннă договорпа—Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕпе çыхăннă ĕнтĕ. Эсир хальхи вăхăтра сĕнекен договор тĕп вырăн йышăнакан висĕ статьяран тăнă пулĕччĕ. Эпĕ çавăн пекех тата çакна палăртатăп: пирĕн хушăра Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн рамкисенче тунă договорăн тĕплĕн те уççăн калакан положенийĕсенче çав статьясенчен кашниех пур.

Сирĕн проектăн пĕрремĕш статьи пирĕн икĕ çĕршыва хамăрăн халăхсем хушшинчи туслă хутшăнусене пĕр тан право никĕсĕ, пĕр-пĕрне хисепленĕ тата пĕр-пĕрин шалти ĕçĕсене хутшăнмасăр тăнă никĕс çинче аталантарса пыма хушнă пулĕччĕ. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн членĕсем пулса тăнă пирки эпир халех ĕнтĕ «нацисем хушшинчи туслă хутшăнусене халăхсен пĕртанлăх правипе самоопределени принципĕсене хисепленĕ никĕс çинче аталантарса пыма» тивĕçлĕ. Эсир сĕнекен договорăн иккĕмĕш статьи пире тĕнчери хамăрăн тавлашусене мирлĕ майсемпе çеç татса пама хушнă пулĕччĕ. Пирĕн икĕ çĕршыва кун пек обязательствăпа Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕн 2(3)-мĕш статьин положенийĕсем халиччнех çыхăнтарнă, çав статьяра çапла каланă: «Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн мĕнпур членĕсем хăйсен тĕнчери тавлашăвĕсене мирлĕ майсемпе татса параççĕ», тенĕ. Виççĕмĕш статья пире экономика, культура тата наука енĕпе пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетме хушнă пулĕччĕ. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕн «тĕнчери çĕршывсен экономика тата социальнăй пурнăç тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси» çинчен калакан IX-мĕш сыпăкĕ пире «тĕнчери çĕршывсем хушшинчи экономика, социальнăй пурнăç, сывлăха сыхлас ĕç ыйтăвĕсене тата çавнашкал ыйтусене татса парас» тĕлĕшпе ĕçлеме чĕнет, пире «тĕнчери çĕршывсем хушшинче культура тата вĕренӳ енĕпе килĕштерсе ĕçлеме» чĕнет. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕ вăл Сирĕн çĕршывпа манăн çĕршыв хушшинче чаплăн тунă договор пулса тăрать, ку вăл—нумай çĕршывсем хушшинче тунă договор, вĕсенчен кашниех пирĕнпе тата кашни урăх çĕршывпа çыхăннă, вĕсенчен кашниех пĕтĕм тĕнчери миршĕн тăрăшать. Çак Уставăн тĕллевĕсем пурнăçланччăр тесе, Америка халăхĕ чунтан тăрăшса пулăшасшăн.

Анчах та Устав сăмахĕсем тĕнчери лару-тăрăва хальхи вăхăтри пек йывăрланма чарса тăраймарĕç. Икĕ çĕршыв хушшинче тăвакан килĕшӳре çав сăмахсене çĕнĕрен каланипе кăна хальхи вăхăтри лару-тăрăва тӳрлетме пулать тесе ăстан шанса тăма пултаратпăр-ха эпир.

Эпĕ çакна хам çакăн пек шута паратăп: эпир татах тепĕр хут, ку хутĕнче вара икĕ çĕршыв хушшинче кăна, договор тусă хăтланни, чăннипе шухăша хăйне улăштарнипе кăна тума май килекен ĕçе пĕрле пĕрре сырнинех пурнăçлама кураймăпăр. Государствăсем пĕр-пĕрне тусла килĕштерсе ĕçлесе пурăнасси вăл договора сăмах панисенчен кăна мар, интересленекен государствăсен правительствисене хавхалантаракан шухăшран та, вĕсен чăн-чăн ĕçĕсенчен те килет.

Шăпах çавăн пек шухăш-кăмăл пултăр тата çавăн пек ĕçсем тăвас тесе ĕнтĕ эпĕ иртнĕ çулхи июль уйăхĕнче Женевăна пытăм—Америка историйĕн мирлĕ çулĕсенче халичченхи нихçан та пулман утăм турăм. Çакнашкал мисси мĕнле те пулин усăллă тĕллеве пурнăçлама чăнах та пулăшасси пирки нумайăшĕ иккĕленчĕç пулсан та, эпĕ çапла шутларăм: лару-тăру ытла та йывăр, ăна лайăхлатас енелле улăштарма нимĕнле шанчăксăр те, çав шанчăкĕсем пысăк мар пулсан та, шута илмесĕр хăварма юрамасть, терĕм. Женевăра Эсир те çакăн евĕрлĕ шухăшлани тата çавăн тăрăшнине кăтартса панăччĕ.

Эпĕ çакна чунтан шанса тăнăччĕ: Сирĕнпе тата Франци, Пĕрлешӳллĕ Королевство Правительствисен Пуçлăхĕсемпе иртернĕ çак канашлу хыççăн пирĕн çĕршывсем уйрăмах ответлă пулса тăракан уйрăм ыйтусем тĕлĕшпе тĕнчери çĕршывсем хушшинчи, уйрăмах канашлăва представительсем янă тăватă çĕршыв хушшинчи, хутшăнусем лайăхланĕç, тенĕччĕ.

Шел пулин те, Америка халăхĕн пăлхантаракан вывод тума—пирĕн канашлу хыççăн пулса иртнĕ событисем халăх ĕмĕтленнĕ пек пулманнине палăртма тивре.

Сире юлашки вăхăтри событисен историйĕ çинчен кĕскен аса илтерме ирĕк парсамăр.

Женевăра эпир хамăрăн Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсене çак конкретлă ыйтусене татса пама пулăшмалли витĕмлĕ мерăсем палăртса хатĕрлеме хушса патăмăр.

Çак ыйтусенчен пĕрремĕшĕ вăл Европа хăрушсăрлăхĕпе Германи çинчен тăракан ыйту пулчĕ. Эпир çакăнпа килĕшрĕмĕр: Германи ыйтăвне татса парас тата Германие ирĕклĕ суйлав иртернипе пĕрлештерес ĕçе нимĕç халăхĕн наци тĕллĕвĕсен интересĕсене тата Европа хăрушсăрлăхĕн интересĕсене килĕштерсе тумалла, тенĕччĕ. Анчах, Германие пĕрлештересси тата Европа хăрушсăрлăхĕ çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе висĕ державăн тăватă конструктивлă сĕнӳсене пăхмасăр, Сирĕн Правительствăр хальхи вăхăтра Германие ирĕклĕ суйлав иртернипе пĕрлештерес ĕçе тĕнче çине урлам пултараймастăр, тесе пăхмарĕ.

Иккĕмĕш проблема вăл хĕçпăшалсăрланас ыйту пулчĕ. Çак ыйтăва эпир Женевăра сӳтсе явнă чухне эпĕ «уçă пĕлĕт» çинчен сĕнӳ панăччĕ, тĕнчене пирĕн пĕр-пĕрин тĕлĕшпе агрессилле тĕллевсем çук тесе ĕнентерме эпир чăнах та мĕн те пулин тума пултарăпăр, тесе шанса тăнăччĕ. Анчах та Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕнче Сирĕн правительствăр çак сĕнĕве сирсе ячĕ. Виççĕмĕш проблема—Хĕвелтухăçĕпе Хĕвеланăçĕ хушшинчи çыхăнусене аталантарас ыйту пулчĕ. Хĕвеланăçĕнчи державăсен тăватăр çыхăнусене тытма тата пĕр-пĕрне лайăхрах ăнланса ĕçлеме конкретлă мероприятисем нумай сĕнчĕç, Сирĕн правительствăр çав сĕнӳсенчен пĕрне те йышăнмарĕ. Апла пулин те, юлашки вăхăтра Совет Союзĕпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем хушшинчи çыхăнусем, çакăр каласан, пĕр пек, хăштах ăнăлакланчĕç.

Ĕçсем малалла начарланни вăл çавăн пирки пулчĕ: пире Сирĕн правительствăр тĕнчен тĕрлĕ районĕсене тĕнчери çĕршывсем хушшинчи историлле тавлашусемпе çыхăнса тăракан хурăпăняннă тата хирĕçĕве вăйлатнипе лару-тăрăва йывăрлатакан сул-йĕр тытса пыма пуçланă пек туйăнчĕ. Эсир Совет Союзĕпе Америка хушшинчи хутшăнусене лайăхлатассăн вăрака ямасăр тумалли питĕ кирлĕ ĕç, ку пирки пĕрле шутланине эпĕ килĕшетĕп. Анчах та, уççăнах калас пулсан, пире Сирĕн правительствăн çав районсенчи тĕллевĕсем пулса тăнă пек курăнакан кĕскен ыйтусем калакан сăмахсем—тĕнчере йывăр лару-тăрăва çăмăллатас, государствăсем хушшинчи тăтăш çирĕплетме тăрăшса тăрас тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетнĕ ĕçре пирĕн Правительствăсем уйрăмах ответлă пулса тăнине çав тери тĕрĕс палăртакан сăмахсемпе—килĕштерме пирĕн халăхшăн йывăр пулать.

Çак иртнĕ çул историне эпĕ хамăрăн малашлăха ĕçре ăнăçу тăвас пысăкрах шанчăкпа палăртса хума май пултăр тесе кăна асăнатăп. Пирĕн çĕршыв алла тӳрĕ кăмăлпа чăмăртакансене пурне те туслăн алă тăсса парать. Эпĕ час-часах çапла каланă, эпĕ ăна тепĕр хут калатăп: тĕрĕслĕх условийĕсенче пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне пулăшас тĕллевне эпĕ тума килĕшменни нимĕн те çук. Анчах та эпир пĕлетпĕр, сăмахсем кăна мар, шăпах ĕçсем ĕнтĕ тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ.

Шухăшласа пăхсамăр-ха, Председатель господин, Германие ирĕклĕх условийĕсенче, хăрушсăрлăх рамкисенче пĕрлештерес тĕлĕшпе пĕр тăхтаса тăмасăрах мерăсем йышăнас пулсан, вăрçă вăхăтĕнче эпир халăхсен хăйсене пурăнма хăйсем кăмăллакан правлени формине суйласа илес правине хисеплеме сăмах панине пурнăçлас пулсан, пирĕн çĕршывсем хушшинчи хутшăнусенче çеç мар, пĕтĕм тĕнчипех те мĕн тери пысăк улшăну пулнă пулĕччĕ; инспекци тума хамăрăн çĕршывсене пĕр-пĕрне уçса парас тĕлĕшпе мерăсем йышăнас пулсан тата хĕçпăшалсене чакарассине практикăра пурнăçлама, производство хăвачĕпе этемлĕх пурнăçĕн условийĕсене лайăхлатас ĕçре усă курма май килес пулсан, кĕтмен çĕртен тапăнма май килмен пулĕччĕ. Çакăн çинчен те шухăшласа пăхсамăр: пирĕн халăхсем пĕр-пĕрне çĕнĕ хыпарсем, информаци ирĕклĕн парса тăрас, пĕр-пĕрин патне пырса çӳрес тата пĕр-пĕрин идейисемпе ҫаллашас пулсан, мĕнпур шиманлăхсемпе йăнăш шухăшсем пĕтнĕ пулĕччĕç.

Çаксем пурте вĕсем Сирĕнпе эпĕ Женевăра пĕрле сӳтсе явнă ыйтусем. Çаксем вĕсем тĕп тĕллевсем, вĕсемшĕн манăн çĕршыв яланах шанчăклă пулать, вĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе эпир кирек хăш самантра та килĕшӳ тума хатĕр тăратпăр. Сирĕн çырăва асра тытса, Эсир те хăвăрăн вăй-хала çак аслă тĕллевсене пурнăçлас ĕçе паратăр тесе шанса тăма пултарăп-ши эпĕ? Эпĕ Эсир хăвăрăн шухăшсене малалла каласа парассине кĕтетĕп.

Чĕререн хисеплесе, **Дуайт Д. ЭЙЗЕНХАУЭР**

1956 çулхи январĕн 27-мĕшĕ.

Унăн Превосходительствине

**Николай А. БУЛГАНИНА**

Советлă Социализмлă Республикăсен

Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне

Мускав».

«Мускав, Кремль.

Хисеплĕ Президент господин,

Эсир январĕн 27-мĕшĕнче янă, çав тери туслă кăмăлпа çырнă послани эпир Сирĕнпе тата сирĕн юлташсемпе пĕрле çур çул каярах Женевăра ăшă кăмăлпа тата уççăн иртернĕ калаçусем çинчен аса илтермесĕр хăварма пултараймарĕ. Тĕрлĕ позицисем çинче тăма пулать, тĕрлĕ шухăшсене хӳтĕлесе калама пулать, анчах та сӳтсе явнă чухне ырă кăмăл тата пĕр-пĕрне ăнланса илме тăрăшни палăрать пулсан, çавăн пек сӳтсе явнисем вĕсем пĕр-пĕрне шанса пурăнассине çирĕплетме, туслă хутшăнусем туса хума пулăшаççĕ.

Хальхи вăхăтри тĕнчери лару-тăру мĕнпур государствăсене, пуринчен малтан мире сыхлассишĕн тата халăхсем валли хăрушсăрлăх тăвассишĕн уйрăмах ответлă пулса тăракан аслă державăсене, тĕнчери йывăр лару-тăрăва малалла çăмăллатма, государствăсем пĕр-пĕрне шанса пурăнассине тата килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетме пулăшма пултаракан мерăсем йышăнма хушать тесе каланине Эсир килĕшни мана савăнтарчĕ.

Пирĕн халăхсем хушшинчи историлле туслăх пире хамăрăн çĕршывсем хушшинче лайăхрах политикăлла хутшăнусем туса йĕркелемелли никĕс пулса тăрать тесе каланипе Эсир килĕшни мана кăмăла кайрĕ.

Шăпах çавăн пек никĕс пуртан ĕнтĕ пирĕн халăхсем Çĕнĕ çул килсе çитнине уявласа иртттернĕ хыççăн часах эпĕ тата манăн юлташсем Сире пирĕн çĕршывсем хушшинчи хутшăнусене чылай лайăхлатма май паракан утăмсем çинчен пĕрле сӳтсе явмашкăн сĕнме шут тытрăмăр. Кунта эпир пĕтĕм тĕнчери мир кун-çулĕ пирĕн хутшăнусем мĕнлерех пулса тăнинчен нумай килнине шута илтĕмĕр.

Эпир: пирĕн çĕршывсем хушшинче туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор тума вăхăт çитрĕ, тесе шутларăмăр тата шутлатпăр та. Çакă вăл Совет Союзĕпе Америка хушшинчи хутшăнусене аталантарма паха ĕç туни пулса тăрĕччĕ, çакăнпа пĕрлех тĕнче арени çинчи сирĕн тата пирĕн туссем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатма пулăшнă пулĕччĕ. Пирĕн сĕнĕве Эсир ырласа кĕтсе илменшĕн эпир пăшăрханма кăна пултаратпăр.

Эпĕ ăнланнă тăрăх, Сире çакă шиклентерет: эпир сĕннĕ Договор проекчĕ Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн пирĕн çĕршывсем алă пуснă Уставĕн хăшпĕр положенийĕсене çĕнĕрен каларса тăратать. Анчах та çакă вăл, пирĕн шутпа, Договор тума чăрмантармасть кăна мар, пачах урăхла, лайăх услови пулса тăрать. ООН Уставĕ пурри вăл çак организаци членĕсем хушшинче унăн принципĕсем çинче никĕсленсе тăракан икĕ енлĕ килĕшӳсем тума юраманнине пĕлтермест. ООН Уставĕнче тӳрех çапла каланă вĕт: Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн членĕсене «договорсенчен тата тĕнчери халăхсен правин ытти çăлкуçĕсенчен тухса тăракан обязательствăсем тĕлĕшпе тĕрĕслĕхлĕ пулма тата вĕсене хисеплессине пурнăçласа пыма май паракан условисем туса памалла», тенĕ.

Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине туса хунă хыççăн США, ытти нумай государствăсем пекех, икĕ енлĕ, çавăн пекех нумай енлĕ нумай договорсене тата килĕшӳсене хутшăннă государство пулса тăчĕ. Ун чухне суверённăй государствăсен мир интересĕсене сыхлама хăйсемпе ытти çĕршывсем хушшинчи хутшăнусене йĕркелекен договорсем тата килĕшӳсем тума право пурри пирки нихçан та иккĕленмен, халĕ те иккĕленме кирлĕ мар.

Тата çакна та шута илмесĕр тăма çук: тĕнчери икĕ питĕ пысăк держава—ССР Союзĕпе США хăйсем хушшинчи хутшăнусене йĕркелесе ямасан, ООН Уставĕ хăй те çителĕклĕ таран витĕмлĕ пулма пултараймасть. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ умне лартнă тĕллевсене пурнăçлас тĕлĕшпе пирĕн икĕ çĕршыв пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесен, унăн Уставĕ витĕмлĕрех пулма пултарать. Çакăнпа Эсир килĕшетĕр пулĕ тесе шутлатăп.

Эпĕ ăнланнă тăрăх, Сире çакă кăштах иккĕлентерет: эпир Сире «икĕ енлĕ никĕс çинче» Договор тума сĕнетпĕр, ООН Уставĕ вара вăл—«нумай государствăсем хушшинчи договор». Анчах çакăнпа килĕшĕр-ха: тĕнчери чи вăйлă икĕ держава хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор туни тĕнчери лару-тăрăва питĕ нумай лайăхлатнă пулĕччĕ. Тепĕр енчен илсен, эпир ытти государствăсемпе, çав шутра Англипе тата Франципе те, çавăн пек договорсем тума килĕшетпĕр. Юлашкинчен государствăсен икĕ ушкăнĕ хушшинче—Сурçĕр Атлантика союзне хутшăннă государствăсем тата Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем хушшинче—Договор тăвасси çинчен калакан сĕнӳ те вăйрах юлать.

Хăвăрăн посланире Эсир çакна тĕрĕс палăртатăр: пĕтĕм тĕнчере мир тăвас ĕçре сăмахсем мар, ĕçсем тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ. ССР Союзĕпе Совет Союзĕ хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор тупи вăл ку тĕлĕшпе пурнăçланă питĕ паха конкретлă ĕçсенчен пĕри пулса тăрĕччĕ, мĕншĕн тесен пирĕн çĕршывсем, Договор проектĕнче палăртса хунă питĕ кирлĕ обязательствăсене йышăнса, пĕр-пĕрне шанса тăрассине çирĕплетнĕ пулĕччĕç тата пĕтĕм тĕнчери лару-тăрура лăпкăлăх туса хунă пулĕччĕç. Ку вăл пирĕн çĕршывсем туслă пулма кăмăл туни çинчен сăмахпа ĕнентерсе каланипех çырлахманнине, хăйсем йышăннă обязательствăсене ĕçре пурнăçлама тытăннине пĕлтернĕ пулĕччĕ.

Сăмах майăн çакна палăртма пулать: ку тĕлĕшпе Женевăри канашлу хыççăн тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма пулăшакан паха утăмсем тунă та ĕнтĕ, çавăнпа та Женевăри канашлу хыççăнхи тапхăр халăхсем ĕмĕтленнĕ пек пулмарĕ тесе каланипе килĕшме йывăр.

Хăй енчен Совет правительстви тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас тата государствăсем пĕр-пĕрне шанса тăрассине çирĕплетес тĕллев лартакан чылай ĕçсем туса иртттерчĕ ĕнтĕ. Çакна май эпĕ 1955 çулта Совет Союзĕн хĕçпăшаллă вăйĕсене 640 пин çын чухлĕ чакарни çинчен; 1956 çулта ССР Союзĕн оборона ĕçĕсем валли уйăрса паракан укçа хисепне, 1954 çулхипе танлаштарсан, 9,6 миллиард тенкĕ пĕчĕклетни çинчен; Совет Союзĕ хăйĕн урăх государствăсен территорийĕнчи юлашки çар базипе, ятранах калас пулсан, Финляндири тинĕс-çар базипе—Порккала-Уддпа усă курас правăна пăрахăçлани çинчен; Совет Союзĕ Австрипе Государство Договорĕ тăвас ĕçре пуçару туни, çакă вăл ют çĕршывсен мĕнпур çарĕсене Австрирен илсе тухасси тата Австри яланах нейтралитет политики тытса пыма обязательство йышăнасси патне илсе çитерни çинчен аса илтересшĕн. Совет Союзĕ тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас тата государствăсем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатас тĕлĕшпе тунă ытти утăмсем те паллă.

Совет Союзĕнче çапла шутлаççĕ: ытти государствăсем те хăйсен сăмахĕсене паллă ĕçсемпе çирĕплетсе пама пултарнă пулĕччĕç. Анчах та, пытарса тăрас мар тесен, Президент господин, çакна калас пулать: хăшпĕр пысăк державăсем ун пек ĕçсем тумарĕç кăна мар, пачах урăхла, вĕсем вара тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха ӳстерме сахал мар ĕçсем тăваççĕ.

Пирĕн Женевăри тĕлпулу усăллă результатсем пачĕ пулин те, хĕвеланăçĕнчи хăшпĕр державăсен, çав шутра США-н, çар валли уйăрса паракан укçа хисепĕ чакмасть кăна мар, ӳссе пырать. Америкăн ют территорисенчи çар базисен шучĕ те ӳсет, çитменнине тата ку базăсене пуринчен ытларах Совет Союзĕ чиккисене çывăх районсене вырнаçтараççĕ. Çакă вара, паллах ĕнтĕ, совет халăхне США шухăшĕсем тĕлĕшпе шиклентермесĕр тăма пултараймасть тенипе Эсир килĕшетĕр пулĕ.

Тата çакна та асăрхамасăр тăма çук: Женевăри канашлу вăхăтĕнче эпир Сирĕнпе пĕрле, Президент господин, миршĕн тăни çинчен пĕр-пĕрне шантарса каларăмăр, çапах та США-н ертсе пыракан хăшпĕр деятелĕсем халĕ те «Женевăри шухăш-кăмăлпа» килĕшсе тăман заявленисем тăваççĕ. Сăмахран, çакă паллă: нумаях пулмасть США-ра çĕршыва «вăрçă пуçланас умĕнхи пек лару-тăрура» тытас политикăна ырласа заявлени тунă. Тата çакна та асăрхамасăр тăма çук: НАТО-н çар руководителĕсенчен хăшпĕрисем уççăнах вăрçă пуçлама хĕтĕртеççĕ, вĕсем малашне те васкасах хĕçпăшалланма тата НАТО çарĕсенче атомлă хĕçпăшал запасĕсене тума чĕнеççĕ тата унпа усă курассипе юнаса хăратма та именсе тăмаççĕ.

Пирĕн çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор тума сĕнсе, эпир çакна асра тытатпăр: çакăн пек Договор туни тата пирĕн çĕршывсем хушшинче хутшăнусем лайăхланни вăл хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсен шутне чылай чакарассине пурнăçлас ĕçе çăмăллатнă пулĕччĕ. Сăмахран, пилĕк державăн хĕçпăшаллă вăйĕсене хăй вăхăтĕнче Пĕрлешӳллĕ Штатсем те, Совет Союзĕ те килĕшӳ панă хисеп чухлĕ чакармалла тума май килнĕ пулĕччĕ. Çакна тума атомлă хĕçпăшал çинчен тăракан ыйту тăрăх калаçса татăлни те пулăшĕччĕ, халăхсем çав хĕçпăшала чарса лартма хушаççĕ. Тĕнчере тивĕçлĕ контроль туса хурас ыйтăва татса парасси те çăмăлланнă пулĕччĕ.

Посланире Эсир каллех «уçă пĕлĕт» пулмалли—аэрофотоӳкерчĕксем тăвас тĕллевпе Америка самолечĕсем Совет Союзĕн территорийĕ çинче тата совет самолечĕсем США территорийĕ çинче ирĕклĕн вĕçсе çӳремелли, çавăн пекех çар ĕçĕсем çинчен пĕр-пĕрне пĕлтерсе тăмалли йĕрке тума палăртакан хăвăрăн сĕнӳ çинчен çыратăр. Çак сĕнӳ пирки эпĕ тата манăн коллегăсем хамăр шухăшсене каласа панăччĕ ĕнтĕ. Пирĕншĕн çапла туйăнать: хальхи лару-тăрура, уйтан та ытларах халĕ васкасах хĕçпăшалланассине ним енчен те пӳлмен условисенче, самолетсем çапла вĕçсе çӳрени халăхсене çĕнĕ вăрçă пуçланас хăрушлăхран хăтараймĕ кăна мар, пачах урăхла, çавăн пек шиклĕхе тата пĕр-пĕрне шанмасăр тăрассине вăйлатма пултарать. Президент господин, хăвăр шутласа пăхăр-ха; аэрофотоӳкерчĕксем кӳршĕ çĕршывра аэродромсем нумайрах пуррине кăтартса пани çинчен Сирĕн çĕршывăн çар руководителĕсене пĕлтерсен, вĕсем мĕн тунă пулĕччĕç-ши? Вĕсем, паллах ĕнтĕ, хăйсен аэродромĕсен шутне пĕр тăхтаса тăмасăр ӳстерме приказ парĕччĕç. Паллах ĕнтĕ, кун пек чухне пирĕн çар руководителĕсем те çавнах тунă пулĕччĕç. Апланса илме йывăр мар ĕнтĕ: кун пек туни васкасах хĕçпăшалланассине татах та вăйлăлатнă пулĕччĕ.

Эпир хĕçпăшалсене тата хĕçпăшаллă вăйсене чакарасси çинчен калаçса татăлсан йăлтах урăхла пулĕ. Ун чухне тивĕçлĕ контроль туни тĕрĕс тата кирлĕ ĕç пулĕ, çак ĕçĕн меслечĕсем çинчен калаçса татăлма пулать ĕнтĕ.

Тата çакна та курмасăр тăма çук: ССР Союзĕпе США тавлашуллă пур ыйтусене те хăйсем хушшинче мирлĕ майсемпе çеç татса пама обязательство йышăнни, унта пĕр-пĕрне хирĕç вăйпа, çав шутра атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа, усă курассине е хăратассине пăрахăçлама сăмах пани тĕнчери лару-тăрăва чăннипех те лайăхлатнă пулĕччĕ, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи халиччен йĕркелемен ытти ыйтусем тăрăх та калаçса татăлма условисем нумай лайăхланĕччĕç.

Çапла вара Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Совет Союзĕ хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор туни, Эсир хăвăр посланире каланă пек, «эпир пĕр-пĕрин тĕлĕшпе агрессиллĕ тĕллевсем тытманни çинчен тĕнчене ĕнентермешкĕн» эпир чăннипех те хăшпĕр ĕçсем тума пултарассине пĕлтернĕ пулĕччĕ.

Тĕнчери çĕршывсем хушшинчи конкретлă ыйтусене, Сирĕн посланире хускатнă ыйтусене, илес пулсан, эпĕ халичченхи пекех вĕсенчен чи пысăкки, хĕçпăшалсăрланас ыйтупа пĕрлех, Европăра хăрушсăрлăх туса хурас ыйту пулать тесе шутлатăп. Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен 1955 çулта кĕркунне Женевăра пулнă канашлăвĕнче Совет Союзĕн правительстви çак ыйтăва татса парас тĕлĕшпе конкретлă сĕнӳсем чылай тăратрĕ. Совет правительстви, халичченхи пекех, çапла шутлать: Европăра витĕмлĕ хăрушсăрлăх туса хурас задачăна коллективлă хăрушсăрлăхăн пĕтĕм Европăри пĕр системине тунă никĕс çинче лайăхрах татса пама пулать.

Хамăр сĕнӳсенче эпир çакăнпа пĕрлех нумай пысăк ыйтусем тăрăх хĕвеланăçĕнчи висĕ держава мĕн тума шутланипе килĕшрĕмĕр, çавăн пекех пирĕн Женевăри тĕлпулу вăхăтĕнче хĕвеланăçĕнчи державăсен представителĕсем çак енĕпе кăларса тăратнă конкретлă идейăсене те шута илтĕмĕр. Совет правительстви Европăра хăрушсăрлăх туса хурасси çинчен панă сĕнӳсем Европăри ĕçсене йĕркеленĕ çĕрте Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем пысăк вырăн йышăнса тăнине те пĕтĕмпех шута илеççĕ.

Анчах висĕ державăн правительствисем пирĕн сĕнӳсемпе килĕшмерĕç, вĕсене хирĕç урăх план кăларса тăратрĕç, çак план вара пĕтĕм Германире милитаризма çĕнĕрен çĕклентерессипатне илсе пырать, çавăнпа пĕрлех тата пĕрлештернĕ Германие хĕвеланăçĕнчи державăсем туса хунă тата хăйсем кăна тăракан çар блокне кĕртме палăртать. Çавăн пек план Европăра чăн-чăн хăрушсăрлăх туса хурас ыйтăва татса памалли тата Германи ыйтăвне йĕркелемелли никĕс пулса тăма пултарайманнине ăнланса илме йывăр мар ĕнтĕ.

Вăрçă хыççăнхи вăхăтра Европăра Германире икĕ государство пулса тăрса çирĕпленчĕç, вĕсенчи социальнă-экономикăлла йĕркесем ăрасна, вĕсем тĕрлĕ çул-йĕрпе аталанаççĕ, çавăнпа та Германие пĕрлĕхлĕ, мире юратакан тата демократилле государство туса хурас ыйтăва, паллах ĕнтĕ, нимĕçсем хăйсем хушшинче—Демократиллĕ Германи Республикипе Федеральнăй Германи Республики пĕр-пĕрин хушшинче кирлĕ пек калаçса татăлмасăр йĕркелеме май çук.

Кунпа пĕрлех эпĕ çакна шанса тăратăп: Совет Союзĕпе Америка хушшинчи хутшăнусене йĕркелени, çав шутра, çакăн пек утăм та, ССР Союзĕпе США хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор туни те, Германи ыйтăвне татса пама кирлĕ условисем туса хурас ĕçре те пысăк усă панă пулĕччĕ.

Халăхсем хăйсене килĕшекен правлени формине суйласа илес прави çинчен Эсир асăрхаттарни пирки калас пулсан, Совет Союзĕ яланах тата халĕ те çак принципа тытса пыни çинчен калама тивет: кирек мĕнле государствăра та шалти йĕркесем унти халăхăн шалти ĕçĕ пулса тăраççĕ. Эпир ытти державăсем те тĕнчери хутшăнусенче çак принципа тытса пырассине кĕтетпĕр.

Эсир хăвăрăн посланире тата çакăн пек пысăк ыйтăва—Хĕвелтухăçĕпе Хĕвеланăçĕ хушшинчи çыхăнусене аталантарас ыйтăва хускататăр. Çак çыхăнусен пĕлтерĕшĕ çинчен Эсир каланипе эпир пĕтĕмпех килĕшетпĕр. Шăпах çавăнпа та ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен иртнĕ çулта кĕркунне пулнă канашлăвĕнче Совет Союзĕ суту-илӳпе экономика енĕпе йĕркеллĕ çыхăнусене аталантарма чаракан чăрмавсене сирсе яма, культура, наука, искусство, спорт, туризм тата ытти çыхăнусене сарма сĕнӳсем пачĕ. Канашлура çак ыйтупа килĕшӳ тăвас шанчăк палăрнине эпир пурте ырларăмăр. Анчах юлашки самантра США-па хĕвеланăçĕнчи ытти державăсен делегацийĕсем эпир Сирĕнпе, Иден господинпа тата Фор господинпа пĕрле хамăрăн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсене панă директивăсене хирĕçле требованисем кăларса тăратнă. Çав çĕнĕ требованисене Совет правительстви йышăнма пултараймарĕ, мĕншĕн тесен вĕсенче суверённăй государствăсен шалти ĕçĕсене тӳрремĕнех хутшăнассине палăртнă пулнă.

Пăшăрханмалла пулин те, пирĕн çĕршывсем хушшинчи çыхăнусене аталантарас тĕлĕшпе Совет правительстви тума палăртакан практикăлла ĕçсене те, уйрăммăн илсен, пĕр-пĕрин çĕршывне делегацисем ярас ĕçе те, Америка енчен нумай чăрмантараççĕ.

Пĕрле тăрăшнипе эпир «тимĕр чаршав» тенĕскерне пĕтерме тата пирĕн çĕршывсен гражданĕсем пĕр-пĕринпе çыхăнусем тытассине анлă сарма условисем туса пама пултарассине эпĕ шанса тăратăп. Эсир те çак шухăшпа килĕшетĕр пулĕ тетĕп.

Пирĕн çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор туни, паллах ĕнтĕ, çак ыйту енĕпе те лайăх ĕç пулнă пулĕччĕ.

Сире, хисеплĕ Президент господин, Эсир хăвăр посланире тунă асăрхаттарусем пирки эпĕ каласа пама шутланă хăшпĕр шухăшсем çакăн пек ĕнтĕ. Вĕсем ССР Союзĕпе США хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен Договор тăвас ĕçе эпĕ тата манăн коллегăсем мĕнле хакланни пĕлтерĕшне ăнланса илме пулăшсан лайăх пулĕччĕ, тетĕп эпĕ.

Договор проектĕнчи ку е тепĕр положени пирки Эсир хăвăр енчен тума кирлĕ тесе шутлакан кирек мĕнле асăрхаттарусене те эпир хамăр енчен питĕ тĕплĕн пăхса тухма хатĕр.

Çак ыйтупа Эсир хăвăр шухăшсене малалла çырса пĕлтерессине эпĕ кĕтетĕп.

Чĕререн хисеплесе

**Н. БУЛГАНИН.**

1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ.

Унăн Превосходительствине

**Дуайт Д. ЭЙЗЕНХАУЭРА,**

Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен Президентне,

Вашингтон».

# Литература страници

## Чăн-чăн пулăшу

(Çамрăк писательсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнчен)

Кăçалхи январĕн 9-мĕшĕпе 16-мĕшĕ хушшинче Мускавра çамрăк писательсен Пĕтĕм Союзри виççĕмĕш канашлăвĕ пулса иртрĕ.

Çамрăк писательсен хальхи канашлăвĕ унччен пулнисенчен уйрăмрах пулса иртрĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ совет писателĕсен иккĕмĕш съездне янă саламра çамрăк писательсене вĕрентсе çитĕнтересси çине уйрăмах тимлĕн пăхма кирли çинчен каланă. Çак кăтартăва пурнăçласа, кăçалхи канашлăва СССР писателĕсен Союзĕн Правленийĕн иккĕмĕш Пленумĕпе пĕрле ирттерчĕç. Çавăнпа та канашлура çамрăк авторсем кăна мар, хăйсен паллă кĕнекисемпе тахçанах чапа тухнă М. Шолохов, В. Овечкин, К. Паустовский, М. Рыльский, С. Михалков, С. Щипачев, Б. Полевой, П. Бровка, М. Турсун-Заде тата ытти писательсем те йышлăн пулчĕç.

Канашлăва çамрăк литераторсем пурĕ 356 çын—50 ытла халăхăн представителĕсем пынă. Вĕсен пурин те тенĕ пекех пичетленсе тухнă романсем, повеçсем, калавсем е сăвă кĕнекисемпе пьесăсем, критикăлла статьясем пур, вунă авторăнне кăна—алçырăвĕсем тăратнă. Ятарласа тунă комисси çав произведенисене малтан пурне те тĕплĕн пăхса тухнă, канашлу участникĕсене çав произведенисем тăрăх сулласа илнĕ. Канашлăва чĕннĕ çамрăк писательсенчен ытларахăшĕ хаçат-журналпа радио редакцийĕсенче тата кĕнеке издательствисенче ĕçлеççĕ; çавăн пекех студентсем, аспирантсем, преподавательсем, врачсем, инженерсемпе геологсем, рабочисем, Совет Çарĕн салтакĕсемпе офицерĕсем, театрпа кино работникĕсем пур.

Канашлăва СССР писателĕсен Союзĕн Правленийĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Сурков юлташ кĕске сăмах каласа уçрĕ. Вăл хăйĕн сăмахĕнче пирĕн çĕршыври ĕççыннисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ умĕн татах та ытларах вăйланни çинчен, совет писателĕсен халăх умĕнчи ответлăхĕ çинчен, çавăн пекех çамрăк писательсене вĕрентсе ÿстерес тĕлĕшпе писательсен организацийĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен каласа пачĕ.

— Литературăри çамрăксене вĕрентсе ÿстерес ĕçре пирĕн М. Горький пуçарнă пархатарлă традицие çирĕп тытса пымалла. КПСС Центральнăй Комитечĕ хăйĕн историлле саламĕнче писательсен умне лартнă задачăсене малашне ăнăçлă пурнăçласа пырасси эпир литературăри çамрăк ăрăва юратса, пăхса ÿстернинчен нумай килет,—терĕ Сурков юлташ.

Канашлура совет литературин çамрăк вăйĕсем çинчен тата СССР писателĕсен Союзĕн çамрăк литераторсене вĕрентсе ÿстерес ĕçри задачисем çинчен В. Ажаев юлташ доклад туса пачĕ. Ун хыççăн канашлу участникĕсем çамрăк поэтсен творчестви çинчен А. Макаров юлташ, совет драматургине аталантарас тĕлĕшпе çамрăк литераторсем умĕнче тăракан хăшпĕр ыйтусем çинчен В. Розов юлташ туса панă содокладсене итлерĕç.

Канашлура çамрăк писательсен творчествине тĕплĕн тишкерсе тухса сÿтсе яврĕç. Лидия Обуховăн «Глубынь-городок», Ленинградри çамрăк писателĕн Михаил Шургинăн «Начало пути» тата «Зима в Бежице» ятлă повеçĕсене, Читари писателĕн Илья Лавровăн калавĕсене, Константин Ваншенкин, Юрий Гордиенко, Николай Соколов, Евтушенко, Винокуров поэтсен, Балашовпа Маячин (Свердловск), Шундик (Хабаровск), Приеде (Латви ССР-ĕ), Шатров (Мускав) драматургсен малтанхи произведенийĕсене, вĕсен уйрăм çитменлĕхсем пур пулин те, тивĕçлипе хакларĕç.

Канашлура çамрăк авторсемпĕн чи пахи вăл семинарсен ĕçĕ пулчĕ. Семинарсем виçĕ кун хушши пычĕç. Пурĕ 38 семинар йĕркеленĕ, кашкине 6—12 çамрăк автора хутшăнтарнă. Семинарсен руководителĕсем пулма К. Паустовский В. Панова, Н. Тихонов, Л. Соболев, Ф. Панферов, В. Саянов, Н. Чуковский, С. Бабаевский, С. Антонов, С. Орлов, О. Инбер, А. Барто, Л. Кассиль тата ытти паллă писательсене—пурĕ 200 çына яхăн явăçтарнă.

Пирĕн семинар — 10-мĕш семинар пулчĕ. Семинара «Марья» тата «Повесть о юности» кĕнекесен авторĕ Г. Медынский писатель ертсе пычĕ. Çавăн пекех семинара Мускаври паллă писательсем П. Чагин, Е. Пермяк, Ригăра пурăнакан писатель, Сталинла премн лауреачĕ Н. Задорнов хутшăнчĕç. Семинарта эпир Тулăра пурăнакан çамрăк писательницăн — Н. Парыгина учительницăн «Записки педагога» тата «Первокурсники» ятлă кĕнекисене, Н. Личак полковникĕн çар çыннисем çинчен çырнă очеркĕсене, Бакура пурăнакан Азербайджан писателĕн Б. Байрамовăн «Одиночество» ятлă повеçне, Мускаври метрополитенра ĕçлекен А. Янсонăн калавĕсене сÿтсе яврăмăр. Çак семинарта манăн «Вăтăрмĕш çулсем» романа та тишкерсе тухрĕç. Çакă вăл маншăн питех те пысăк шкул пулчĕ. Эпĕ хамăн произведенисене çакăн пек тĕплĕн пăхса тухнине халиччен курманччĕ-ха.

Семинарсем хыççăн пире, прозăпа çыракансене, паллă совет писателĕсем—Л. Леонов, В. Катаев, В. Каверин юлташсем хăйсен творчествăлла ĕç меслечĕсем çинчен каласа пачĕç.

Çамрăк писательсен канашлăвĕ мĕн пуçласа вĕçне çитиччен питĕ ĕçлĕ, активлă иртрĕ.

Писатель профессийĕ хăйĕн ĕçне чунтан парăнма, пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме хушать. Çамрăк литератора пурнăçри фактсемпе событисене лайăх пĕлни çеç мар, ăна вĕсене тĕплĕн ăнланса илме, вĕсене тĕрĕс кăтартса пама пĕлни кирлĕ. Канашлура çамрăк писательсене уйрăмах хаçат-журналсенче ĕçлени пысăк усă панине палăртрĕç. Çакă вăл кашни писателĕн тÿрех хаçат редакцийĕнче ĕçлемелле тенине пĕлтермест, анчах кашни писателĕн хаçат валли материалсем, очерксем çырас ĕçе активлăн хутшăнмалла, çакă вăл писателе пурнăçри чи кирлĕ материала суйласа илме вĕрентет. Кашни писателĕн таса кăмăллă пулмалла, хăйĕн йывăр ĕçпе тÿсĕмлĕн те çине тăрса туса пымалла, йывăрлăха çĕнтерме тăрăшмалла, чĕлхе культурипе тасалăхĕшĕн, витĕмлĕ сăмахшăн ырми-канми кĕрешмелле.

Канашлура чылай юлташсем çамрăк литераторсемпе ĕçлессине малашне пĕрмай вăйлатса пыма кирли çинчен каларĕç. Пирĕн чăваш писателĕсен организацийĕнче те юлашки çулсенче çамрăк писательсемпе ĕçлессине чылай вăйлатрĕç. Иртнĕ çулта, сăмахран, кашни уйăхра пĕрре çамрăксен вечерне ирттернĕ, çамрăк драматургсен 11 пьесине пăхса тухнă. «Ялав» журналта тăтăшах çамрăксен калавĕсемпе сăввисене пичетлесе пынă. Çапах та, çамрăк писательсемпе ĕçлесси çителĕксĕр пулса пырать-ха. Ман шутпа, «Ялав» журналпа «Тăван Атăл» альманахра консультаци пайĕсем тумалла, унта çамрăксене пулăшас майпа кашни номертех материалсем пичетлесе пымалла.

Республикăри шкулсенче, предприятисемпе колхозсенче, библиотекăсемпе клубсем çумĕнче литература кружокĕсем пур, анчах çав кружоксене писательсем кирлĕ тарап пулăшу памаççĕ. Писательсен Союзĕнче ĕçлекенсем иртнĕ çулта Октябрьски тата Çĕрпÿ районĕсенчи литкружоксенче çеç пулнă, хăшпĕр районсенче вара вĕсем пачах та пулман.

Юлашкинчен çамрăк писательсен çитес канашлăвне хатĕрленес пирки те пĕр-ик сăмах каласа хăварас килет. Хăшпĕр писательсен союзĕсен правленийĕсем кăçалхи канашлăва çамрăк авторсен произведенийĕсен подстрочникĕсене çеç тăратнă. Паллах, подстрочник тăрăх произведенин пĕтĕм пахалăхне уçса палăртма май çук. Çакă вăл ман роман пирки те, Байрамовăн «Одиночество» повеçĕ тĕлĕшпе те çаплах пулчĕ. Малашне Чăваш писателĕсен Союзĕн канашлăва кайма тивĕçлĕ çамрăк писателе малтанах палăртма, вара унăн произведенине вырăсла куçарса кăларма тăрăшмалла. Паллах, çакăн пек— туни çамрăк писателĕн творчествине канашлура тĕплĕнрех тишкерсе тухас ĕçе çăмăллатĕ. Писательсен организацийĕн, çамрăк литераторсен творчествинче мĕнпур пек лайăххине палăртса, ăна аталантарса, ÿстерсе пыма пулăшмалла.

Степан АСЛАН.
Çамрăк писательсен Пĕтĕм Союзри виççĕмĕш канашлăвĕн участникĕ.

---

ВЛКСМ обкомĕпе Чăваш совет писателĕсен Союзĕ февралĕн 13-мĕшĕнче Шупашкарта республикăри çамрăк писательсен канашлăвне пухаççĕ.

Çакна май паян эпир, вулакансене çамрăк литераторсен пултарулăхĕпе паллаштарас шутпа, вĕсен произведенийĕсене пичетлетпĕр.

---

### Миршĕн

Эп пĕчĕк çын, янравсăр ятăм.
Эп хапсăнмастăп нумая.
Çапах пĕлетĕп мĕн вăл атом,
Чухлатăп атомри вăя.

Ман пĕлмелле те: Сталинградăн
Пуласлăхне хăтарнă кун
Хул ÿкрĕ хуçăлнă туратăн,
Хама шăварчĕ хамăн юн.

Ман пĕлмелле! Алхасрĕ çиçĕм,
Çунса кĕлленчĕ çут тĕнче.
Виç вăрçăра пулса аттеçĕм
Пуç хучĕ Витебск патĕнче.

Пĕлетĕп эп—ман савнă ывăл
Çуралнă çĕн хĕвел çутма.
Ăна ан хуçтăр вутлă тăвăл,
Вăл ан ылхантăр атома.

Эп пĕчĕк çын, кĕрлемĕ ятăм.
Мана мул-пурлăх кирлĕ мар.
Çапах калатăп: мирлĕ атом,
Халăхсене пуянлăх пар!

Алексей ВОРОБЬЕВ.

---

### Эп юлташла санпа паллашнă

«Эс авлансан—эп пырăп сан туйна,
Пĕрер курка сăра та, тен, ĕçтерĕн...
Анчах эс ан систер хăв арăмна
Ман чун ыратнине, савниçĕм»,—терĕн...

Вара часах эс таçталла васкарăн,
Юлашки хут тинкертĕн ман куçран.
«Савниçĕм, тусăмçăм»,—тесе каларăн...
Тен, эс мана пĕрре те ăнланмăн?

Эп юлташла кăна санпа паллашнă,
Эп нихçан сана кÿрентермен,
Санпа пĕрле эп чечексем те татнă,
Анчах пĕрре те «тусăмçăм» темен...

Такампала та пурнăçра тĕл пулăн,—
Кашни çынна эс аллуна ан пар.
Эс пысăк-пысăк юратушăн пурăн,
Вăл—пĕрре çеç, вăл—тĕлпулу çеç мар.

Эп авлансан эс ман туя та пырăн,
Анчах унта чунна эс ан çунтар.

Александр КЛЕМЕНТЬЕВ.

---

### Юрă

Шурă та кăна шур çурт,
Мăн шыв çине лартнă çурт.
И, туссемĕр,
Шывришĕн мар тĕлĕнтĕмĕр.
Шывран çута кăларать,
Çÿл ту çине ăсатать.
Çăлтăр сÿнет—çил тухать,
Çитмĕл машин çаврăнать.

Пысăк кăна пĕр вите,
Çитмĕл ĕнелĕх вите.
И, ачсемĕр,
Пысăкшăн мар тĕлĕнтĕмĕр.
Ĕçме пуçне пĕкейсен—
Ĕне умне çăлкуç тухать,
Çиме пуçне пĕкейсен—
Утă купи шуса пырать.

Сарă кăна сарă хĕр,
Ял ÿстернĕ ятлă хĕр.
И, ачсемĕр,
Сарришĕн мар тĕлĕнтĕмĕр.
Савăнса та юрласа
Çитмĕл ĕне айне ларать,
Сĕт витрине лартайсан—
Сумасăрах сĕчĕ юхать.
Маттур кăна чипер яш,
Халăх ăс-хал панă яш.
И, хĕрсемĕр,
Маттуршăн мар тĕлĕнтĕмĕр:
Хăрах алпа пĕр сулсан—
Çичĕ яла çутă каять,
Тепĕр алпа сулайсан—
Çичĕ яла юрă каять.

Юрий СКВОРЦОВ.

---

### Художествăлла очерксем çырас тĕлĕшпе ирттерекен конкурс малалла пырать

*«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ 1955 çулхи июнĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа декабрĕн 1-мĕшĕччен художествăлла очерксем çырас тĕлĕшпе конкурс ирттерме йышăннăччĕ. Литераторсемпе корреспондентсен, активне конкурса ытларах хутшăнма май туса парас тесе, хаçат редакцийĕ конкурс срокне 1956 çулхи июлĕн 1-мĕшĕччен тăснă. Условисем малтанхи пекех юлаççĕ.*

*Очерксен тематики нумай енлĕ пулмалла. Очерксенче промышленноçра малта пыракансен, новаторсен, рационализаторсен, изобретательсен ĕçĕсене; ялхуçалăхĕнче малта пыракансемпе колхоз производствин организаторĕсен — колхоз председателĕсен, бригадирсен, звеньевойсен, чи лайăх дояркăсен, свинаркăсен, кайăк-кĕшĕк пăхакансен, пахча çимĕç ÿстерекенсен, фермăсенче ĕçлекенсен, механизаторсен — трактор бригадисен бригадирĕсен, трактористсен, комбайнерсен, прицепщиксен тата ыттисен ĕçĕсене; парти райкомĕсен инструкторĕсемпе секретарĕсен, пуçламăш парторганизацисен секретарĕсен ĕçĕсене, ялти интеллигенцин — агрономсен, учительсен, клубсемпе вулав çурчĕсен заведующийĕсен ĕçĕсене кăтартса памалла.*

*Конкурса ярса паракан очерксене хут листин пĕр енне машинкăпа пичетлемелле е алăпа таса çырмалла, пысăкăшĕ 6 страницăран пуçласа 12 страница таран пулма пултарать.*

*Конкурса килнĕ чи лайăх очерксемшĕн çичĕ преми пама палăртнă:*

*пĕрремĕш преми пĕрре—2.000 тенкĕ,*
*иккĕмĕш преми иккĕ—1.000-шер тенкĕ,*
*виççĕмĕш преми тăваттă—500-шер тенкĕ.*

*Хаçатра пичетленсе тухнă, анчах преми илме тивĕçлĕ пулайман очерксемшĕн яланхи йĕркепе тÿлеççĕ.*

---

### Чечекленет çĕршыв

*Юрла-юрла хĕрÿ ĕçе тухатпăр,*
*Пире кĕтеççĕ аслă стройкăсем.*
*Паян кунта çурт йикĕсне хыватпăр,*
*Ыран—çĕкленĕç çÿлĕ стенасем.*

*Вăрман пек кашласа çĕкленĕç*
*Эпир акса ÿстернĕ тырăсем.*
*Мĕнпур çĕрте тÿпенелле кармашĕç*
*Чи пысăк çĕнĕ заводсем, çуртсем.*

*Пăрпа, юрпа хупланнă анлă Атăл*
*Выртать тÿлеккĕн, тĕлĕрет кăна*
*Пĕлет-ши вăл: юратнă Шупашкарăн*
*ГЭС-не, тума тухатпăр ушкăнпа.*

Николай ДОБРОХОТОВ.

---

### „Пурнăçа юратса“ поэма пирки пĕр-ик сăмах

(Вулакан асăрханисем)

Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче совет халăхĕ тăшмана хирĕç паттăррăн кĕрешнине сутатса паракан произведенисем пирĕн чылай пичетленеççĕ.

Анчах та эпир совет халăхĕн мухтавлă кĕрешĕвне çиелтен кăна, пачах çителĕксĕр сăнласа панă произведенисем те тĕл пулатпăр. Кунта сăмах иртнĕ çулта «Ялав» журналта пичетленнĕ Георгий Орловăн «Пурнăçа юратса» поэми пирки пырать.

Автор поэмăра разведчик Павел Силин вăрçăра хăйĕн пурнăçне шеллемесĕр паттăррăн çапăçса вилни çинчен çырать. Çапах та кунта çакна витĕмлĕн, кирлĕ пек тĕрĕс кăтартса парайман, Силин сăнарĕ асра юлмасть.

Поэмăра сюжет линийĕ йĕркеллĕн аталанса пымасть. Автор мĕн çинчен çырса кăтартасшăн пулнине те ăнланма хĕн.

Кĕтмен çĕртенех çĕрле Павел Силин разведчике (вăл унччен тăшман тылĕнче вунă кун разведкăра пулнă) генерал хăйĕн патне чĕнтерет те «хăвăртрах штаба вĕçтерме» приказ парать, ăна тепĕр сехетрен самолетпа «фронт урлă каçарасси» çинчен пĕлтерет. Анчах та эпир разведчик штабра пулни çинчен пĕлместпĕр, ăна тÿрех фронт линийĕн тепĕр енче, тăшман тылĕнче куратпăр. Силин умне мĕнле задача лартнă? Вăл мĕнле приказа пурнăçлассишĕн хăйĕн пуçне хунă? Вулакансемшĕн çакă паллă мар.

Павел Силина автор çапăçура пĕрпĕччен кăтартса панине те поэмăн çитменлĕхĕ тесе шутламалла.

Ку произведенире чăнлăхпа килĕшсе тăман вырăнсем те чылай тĕл пулаççĕ.

Поэмăра чылай чухне вырăнлă сăмах суйласа илме тăрăшманни, рифмăна сăмах пĕлтерĕшĕнчен маларах хуни сиенет. Сăмахран, çакăн пек йĕркесене мĕнле ăнланмалла-ха:

«Халĕ пин самолет тÿпере,
Теприсем (?), ав, кĕрлеççĕ лере(?)».

Силин пĕр рет тÿпăсем тăнине, пĕр фашисне çĕрпÿртрен пуçне ухса тухнине питĕ аван асăрхать. Апла пулин те çавăнтах автор: «курма хĕн,—инçетре», тесе çырать.

Сăмахсемпе тĕрĕс усă курман пирки поэмăри хăшпĕр вырăнсем питĕ кулăшла пулса тухаççĕ. Тĕслĕхрен:

«Товарнăй вагон самантрах
Тапранчĕ, васкарĕ тарма».

Мĕнле-ха вара поезд тапраничченех вагон тарма васкать?

Поэмăра умлă-хыçлă йĕркесенчех пĕр сăмахпа темиçе хут усă курнине те, ăнланма йывăр сăмах çаврăнăшĕсене те (пехота «уй-хир тăрăх ним çулсăр çулпа» чупать), килĕшÿллĕ мар танлаштарусене те куратпăр.

Кунта эпир поэмăри хăшпĕр çитменлĕхсене кăна илсе кăтартрăмăр. Калас пулать, унта ăнланмалла мар вырăнсем, сăмахсемпе тĕрĕс мар усă курнисем татах нумай.

Н. ВАСИЛЬЕВ.

---

### Çĕнĕ кĕнекесем

**Н. И. Шелепи сăввисем вырăсла.** Н. И. Шелепи ĕлĕкхи йывăр та асаплă пурнăçа, Октябрь революцийĕ кăна чăваш халăхне чăн-чăн телей панине кăтартакан сăвă-юрăсем пайтах çырнă. Хăйĕн чи лайăх сăвви-юррисенче вăл вилĕмсĕр Ленинпа Коммунистсен партийĕ çинчен, чăваш халăхĕн ĕмĕтленнĕ ĕмĕчĕ совет саманинче пурнăçа кĕрсе пыни çинчен юрланă.

Чăваш АССР государство издательстви Н. И. Шелепин вырăсла куçарнă сăввисене «Чувашская песня» ятпа уйрăм кĕнеке туса пичетлесе кăларчĕ. Унта 26 сăвă кĕнĕ. Чăваш халăх поэчĕн сăввисене вырăсла В. Тушнова, Н. Непомнящий, Н. Мандель, В. Мартынов, Н. Бусыгин куçарнă.

Кĕнеке хакĕ 3 тенкĕ те 20 пус, тираж 3.000 экземпляр.

**«Акăшкÿл».** Чăваш халăх поэчĕ Яков Ухсай çырнă «Акăшкÿл» ятлă сăвăлла роман Чăвашгизра уйрăм кĕнекепе пичетленсе тухрĕ. Автор кунта вăрçă хыççăнхи çулсенче чăваш халăхĕ социализмла ялхуçалăхне вăйлăн аталантарассишĕн тăрăшса ĕçленине, вăл хамăр çĕршыври тата халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсемпе туслă çыхăну тытнине кăтартса парать.

Кĕнеке хакĕ 7 тенкĕ те 45 пус, тираж 3.000 экземпляр.

---

## Хĕллехи каç

Калав

Праски инке лампа çутса ярсан, Васли мучи тÿрех кăмака çине хăпарса выртрĕ, анчах ниепле те çывăрса каяймарĕ. Пуçри пин тĕрлĕ шухăш ăна аптратсах çитерчĕ. Ури ыратни çинчен те манса кайрĕ. Выртсан-выртсан, вăл ахлаткаласа анчĕ, тĕпеле пырса ăшă сăра ĕçрĕ, унтан каллех кăмака çине хăпарма тытăнчĕ. Кинĕ ăна кровать çине выртма сĕнчĕ, анчах мучи килĕшмерĕ:

— Вĕри чул çине пуссан, урасене çăмăлтарах,—терĕ вăл.

Васли мучи куçне хупсах выртать—пурпĕрех çывăрса каяймасть.

Пÿртре сехет шаккани илтĕнет. Тăк-так! Тăк-так!.. Вăхăт малаллах шăвăнать. Вăхăта ниепле те тытса чараймастăн. Эрне те, уйăх та, çулталăк та иртсе каять. Çамрăкки кунтан-кун çитĕнет, ватти кунтан-кун ватăлать.

Хальхи пекех астăвать мучи: çирĕм çул каялла вăл конюха кĕчĕ. Тăрăшса, çине тăрса ĕçлерĕ. Председательсем те, бригадирсем те, правленири техничкăсем те улшăнчĕç. Васли мучи çав-çавах лашасен витинче кăштăртатрĕ, çур пурнăçне унта ирттерчĕ. Премисем те пачĕç ăна. Виçĕмçул вара орден илчĕ. «Хисеп палли» орденĕ.

Ĕçсем аванах пыратчĕç, анчах кăçал, хĕле кĕрсен, кĕтмен çĕртен инкек сиксе тухрĕ: мучи чирлерĕ. Шăнчĕ пулмалла: уйăх хушши больницăра выртма тÿр килчĕ. «Ÿпке шыçнă сан»,—терĕç врачсем. Вăл иртсе кайрĕ, анчах, йĕпе çине сапа тенĕ пек, малтан сумăра сиссен кăна ыратакан урисем ахаль чухне те сурма пуçларĕç.

Сахал мар хура-шур курнă мучи. Çулла юхтарса сăвакан сумăр айĕнче те лашасемпе улăхра çĕр каçма тивет, кĕрхи сивĕ каççенче те выртмана кайма лекет; пĕр-пĕр ухмах тиха, амăшĕнчен уйрăлса кайса, юханшыв хĕрринчи лачакана кĕрсе ларсан, пĕçĕ тĕпĕ таран пылчăк ăшĕнче те ашмалла пулать. Хĕлле, шартлама сивĕсем тăнă чух та, куç-пуç курми вăйлă çил-тăман çавăрттарса тухсан та, улăха утă патне каймалла, çырмаран шыв турттармалла.

Халĕ, ав, урисем ыратма тытăнчĕç. Çитмĕле çитнĕ çын—вунçич çулхи йĕкĕт мар, анчах никамăн та, ватăлтăм ĕнтĕ, вăй çук тесе, калас килмест. Ватăлнăран кĕмĕлленнĕ çÿç пĕрчисене те пасарнипе, юр ÿкнипе шуралнă тесе ĕнентерес килет. Кирек камăн та пурăнас, ĕçлес килет.

Пурнăç! Пурнăç! Унтан ырри мĕскер пур ĕнтĕ? Çапах та вăл хăй тĕллĕн кăна нумаях илĕртмест. Пурнăç ĕçпе çеç илемленет. Вĕсем иккĕшĕ яланах пĕр тĕвве пĕрлешеççĕ.

Мучи больницăра уйăх выртрĕ, самаях сывалчĕ. Ĕнер вара киле илсе килчĕç. Вăл вара хăйне конюхран кăларнине пĕлчĕ. Кÿрентерес мар тесе, малтан ун çинчен никам та шарламан. Çапла, халĕ мучи конюх мар. Чунĕ çав тери ыратать, çавăнпа та пĕр самантлăха та канăç çук.

Ара, ун вырăнне ĕçе кĕртнĕ Митюк çамрăк-ха. «Вăл лаша мисе шăллă пулнине те пĕлеймест пулĕ. Лашана сылтăм енчен кÿлме тытăнĕ тата. Эх, пĕтрĕç ĕнтĕ, юратнă лашасем!»—пăшăрханчĕ мучи.

Темиçе çул каялла кăна Митюк шакла пуçлă аччĕ. Чăнах, вăл шкулта вĕреннĕ чух, уроксем хыççын кашни кунах Васли мучи патне пыратчĕ, кăвак куçĕсене йăлкăштарса, лашасем çинчен ыйтаыйта пĕлетчĕ, вĕсене хырчăклама пулăшатчĕ, утă йăтса паратчĕ. «Çитĕнсен, эп те конюх пулатăпха!»—тесе калатчĕ. «Эх, шăхличĕ, шăхличĕ—кулатчĕ унран мучи.— Конюх пулма ятарласа çуралас пулать».

— Эс ятарласах çуралнă-и вара?—тесе ыйтатчĕ Митюк.

— Ятарласах! — мăнкăмăллăн каласа хуратчĕ мучи.

Халĕ ак Митюк—конюх. «Тĕлĕнмелле! Кам шутланă-ха? Тĕлĕкре те тĕлленмен. Чăнах та, малашне эп ĕçлеме пултараймастăн-ши? Ватăлтăмах-ши вара?»—тесе шухăшлать Васли мучи, кăвакарнă сухалне шăлкаласа.

Стена çинчи сехет, яланхи пекех, пĕр вĕçĕмсĕр шаккать.

«Çук, Митюкран ĕç тухмасть. Манранах пулăшу ыйтма килĕçха», мăкăртатать мучи, сылтăм айăкĕ çинчен тепĕр енне çаврăнса выртса. Канлĕх çук вата чĕрене. Йĕпкĕн-йĕпкĕн хура лаша, «Урхамах» ятли, малтанхинчен начарланнă пек туйăнать.

— Праски кинĕм, вăхăт мĕн чухлĕ кала-ха,—ыйтрĕ мучи.

— Тăххăр иртни виç минут. Ăшă сĕт ĕçместĕн-и?

Мучи ним чĕнмесĕрех кăмака çинчен кăштăртатса анчĕ. Тĕпленĕ кăçатă тăхăнчĕ. Мăйне шарф çыхрĕ. Хура кĕрĕкне пăтаран илчĕ.

— Атте, ăçта каян эс?—шикленсе ыйтрĕ кинĕ. Вăл, çĕвĕ машинине чарса лартсах, ун умне пырса тăчĕ.

— Лашасем патне...

— Ан тĕлĕнтер-ха. Сан халĕ тухса çÿреме юрамасть. Каллех чирлесе каян. Уру ытларах ыратма тытăнĕ.

— Ура ыратни харама кайтăр, кинĕм. Чĕре ыратать,—акă мĕн...

Ват çын ват çынах—мĕн шутлать, çавна тăвать.

Васли мучи урама тухрĕ. Çил çук пулсан та сивĕ. Старик кĕрĕк сухине хăлхи таранах тăратрĕ. Ура айĕнчи юр çĕçĕпе чула каснă евĕр чăкăртатать. Тÿпере çăлтăрсем чăлчăл çиçеççĕ: пĕри сÿнет, тепри çуталать.

Клуб умĕнче мотор кĕрлет, ачапăча сасси илтĕнет. Кино пырать пулмалла. «Митюк унта пулĕ ĕнтĕ,—кÿренсе шухăшларĕ мучи.— Çамрăк вĕт. Савнийĕ те пур пуль».

Туйи çине тайăнса, мучи аналла вăраххăн утрĕ.

Старик тÿрех витесем патне каймарĕ, кĕтесре ларакан конюхсен пÿртне кĕчĕ.

Мучи алăка уçсанах, чĕлĕм туртса ларакан Роман Никандрович вăтам пÿллĕ, пысăк уссиллĕ имшерkке арçын, чикаркkине пиншак çанни ăшне пытарчĕ те хаçат вулансçи пулчĕ. Васли мучие паллаçа илсен тин, айăпа кĕнĕ ача пек, кулкалама пуçларĕ.

— Вăрттăн туртма пуçланă-çке эс, Роман Никандрч. Камран хăратăн вара? Эп хам та туртма юрататăп,—терĕ мучи.

— Эп сана Митюк тесе...

— Вара мĕн? Туртма пăрахтарасшăн-им?—тĕлĕнчĕ мучи.

— Эй, ан та кала!—аллипе сулчĕ Роман Никандрович.— Малтан эс йĕри-тавра пăхкала-ха. Гиги-е-на... Митюк çапла калать. Культура!

Мучи пукан çине ларчĕ. Пÿлĕмре çап-çутă. Стенасене кăвак шпалерпа çыпăçтарнă, картинăсем çакнă. Чÿрече каррисем чĕнтĕрлĕ. Кĕтесри сĕтеле тĕрленĕ çиттипе витнĕ. Çавăнтах пĕчĕк шкап. Унта кĕнекесем. Сĕтел çинче чечек чÿлмекĕсем; урайне хăйăрпах çунă пулмалла—лампа çутипе йăлтăртатсах выртать. Ку—мучишĕн çĕнĕ. Вăл ĕçленĕ чух пÿлĕмре яланах тĕтĕм явăнатчĕ, кунта килекен кашни колхозникех пуç пÿрне хулăнăш вăрăм чикаркkă чĕркетчĕ те татти-сыпписĕр мăкăрлантарса ларатчĕ: сывлăша пуртă çаксан та ÿкместчĕ пуль. Стенасем хăрăм пек хураччĕ. Урай пылчăкланччĕ. Пĕрре хăнахнă та никам та ун çине çаврăнса пăхман. «Тăван киле марçке. Конюхсен пÿрчĕ кăна»,—тесе ирттерсе янă пулмалла кашниех.

— Куратăн-и, мĕнлерех халь—ыйтрĕ Роман Никандрович. Çав вăхăтра вăл урайĕнче выртакан хаçат таткине асăрхарĕ те ăна илсе кăсйине чикрĕ.—Больницăри пек таса. Пÿлĕмре чĕлĕм туртма та юрамасть. Уншăн Митюк пилĕк ĕçкунĕ катмалла тăвасшăнччĕ, анчах председатель килĕшмерĕ: «Устава пăсни пулать»,—терĕ. Юрать-ха вăл, атту тепĕр чух асăрхамасăр туртма та пуçлатăн...

— Пÿртре аван-ха,—мăкăртатрĕ мучи,—анчах тулта мĕнлерех?

— Мухтама иртерех, хурлама сăлтавĕ çукрах,—шахвăртса каларĕ Роман Никандрович.— Уйăх кăна иртрĕ те... Çивĕч пуртă та час мăкалать, теççĕ.

— Тÿррипе кала эс, апла-капла каласса ан лар. Çын чунне ăнлан. Эп çирĕм çул ĕçленĕ. Халь... Митюк ман вырăнта,—пăлханса кайнă мучи пÿлĕм тăрăх утса çÿреме пуçларĕ.

— Çав териех ан кулян-ха. Тен, чиперех сывалăн—вара каллех пĕрле ĕçлеме тытăнăпăр,—терĕ Роман Никандрович вата çынна лăплантарас шутпа.

— Эп пĕчĕк ача мар. Ан йăпат мана. Пĕтĕмпех ăнланатăп. Митюк халь ăçта?

— Лашасем патĕнче. Вăл витерен уйрăлма та пĕлмест.

— Ну, сывпул, Усал ятпа ан асăнăр,—терĕ те мучи пÿртрен хăвăрт тухрĕ: лампа çуттинче куççулĕ палăрасран шикленчĕ.

Витесем еннелле вата конюх юра чăкăртаттарса утрĕ. Çав вăхăтра витерен пĕр çын тухрĕ. Аллинче хунар. Ку Митюк иккен. Вăл, мучи пынине курсан, чарăнса тăчĕ. Ак Васли мучи ун патне кăштăртатса çитрĕ, сывлăх сунчĕ. Митюк ун çине шикленерех те именерех пăхрĕ: хура куçхаршине сăран алсатулыпе сăтăркаларĕ, çĕлĕкĕ айĕнчен тухса кайнă сарă çÿç пĕрчисене тирпейленçи пулчĕ.

— «Попугайпа» «Чĕкеç» паянырахах хăмламалла та, витерен тухма та шикленетĕп,—терĕ вăл ним калама аптраса.—Витене кĕрсе пăхатăр-и?

Мучи ним чĕнмесĕрех алăка уçрĕ. Витене кĕчĕ. Митюк унтан юлмарĕ, хыçалтан хунарпа çутатса пычĕ. Мучи кайнăранпа нимех те улшăнман иккен кунта. Кĕтесри тислĕк купи кăна курăнмасть. Вунпилĕк лаша пулнă. Халь те вунпилĕк. Пурте утă çисе тăраççĕ. «Урхамах» пÿлĕмĕ тĕлне çитсен мучи чарăнса тăчĕ. Лаша, ăна палласа илсе, хавассăн кĕçенсе ячĕ, хÿрине вылятkаласа илчĕ.

— Митюк, куратăн-и? Манса кайман иккен. Халь те астăвать—савăнса кăшкăрчĕ мучи.

Куçĕсем шывланчĕç, анчах ним те чĕнмерĕ. Ик-виçĕ хутчен утса тухрĕ вăл вите тăрăх. Куç илмесĕр сăнакан Митюк, унăн сăнĕ çинче майĕпен савăнăç шевлисем йăлкăшма пуçланине курсан, хавасланчĕ, шăкăлтатсах каласма тытăнчĕ.

— Çĕре тракторпа сухалатпăр пулин те, колхозăн икĕ грузовик пулин те, лашасем кирлех-ха,—терĕ вăл.—Вĕсене лайăх пăхма тăрăшмалла. Лашасен ĕмĕрĕ иртмен-ха...

— Мĕнле, ĕçлеме лайăх-и? —йăшшăн кулчĕ мучи.

— Аптăрамасть. Ытти конюхсем пулăшаççĕ...

Килкартине тухрĕç. Пÿрт патне çитсен сывпуллашрĕç.

— Ан кÿрен те, Митюк,—терĕ Васли мучи алă парса.—Эп кăштах шикленнĕччĕ, анчах кăлăхах-мĕн... Эпир, ват çынсем, тепĕр чухне çамрăксене шанмастпăр. Ну, сывă пул.

Мучи тăвалла уксахлакаласа утрĕ. Пуçри йывăр шухăшсем сирĕлчĕç, чунĕ лăпланчĕ. Халĕ ĕнтĕ вăл, киле çитсен, канлĕнех çывăрма пултарать.

Ура айĕнче юр кăчăртатать. Пралуксем касса кайсах янăраççĕ. Тÿпере çăлтăрсем çиçеççĕ: пĕрисем сÿнеççĕ, теприсем илемлĕрех ялкăшма пуçлаççĕ.

Николай МАРТЫНОВ.

# ХĔÇПĂШАЛСĂРЛĂНАССИНЕ ХИРĔÇ ТĂРАКАНСЕН МАНЕВРĔСЕМ

Хĕçпăшалсăрланас проблема вăл—кунчухнехи татса памалли чи пысăк та кирлĕ ыйтусенчен пĕри. Тĕнчери халăхсем çакна шанса тăраççĕ: малалла хĕçпăшалланассине чарса лартма конкретлă мерăсем йышăнни тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма, халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине аталантарма тата пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетме пулăшнă пулĕччĕ.

Хĕçпăшалсене тата хĕçпăшаллă вăйсене чакармалла, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартмалла тăвассишĕн, çак ĕçсене пурнăçланине витĕмлĕн тĕрĕслесе тăма тĕнчери контроль туса хурас ыйтăва татса парассишĕн Совет Союзĕ яланах тăрăшрĕ тата халĕ те тăрăшать. Совет правительстви хĕçпăшалсăрланас ыйтусем тĕлĕшпе килĕшӳ тума пулăшакан конкретлă сĕнӳсем тăратнипе кăна çаранса тăмарĕ, вăл 1955 çулта хамăрăн çĕршывăн хĕçпăшаллă вăйĕсен йышĕнчен 640 пин çын чакарчĕ, совет тинĕс-çарĕн Финлянди территорийĕнчи базине пĕтерчĕ, кăçал оборона ĕçĕнче тăвакан расходсене 10 миллиард тенке яхăн чакарчĕ тата чылай çĕршывсемпе туслă çыхăнусем тытассине çирĕплетес тĕлĕшпе нумай ĕçсем турĕ.

Тĕнче общественноçĕ Совет Союзĕн çак мероприятийĕсене мире çирĕплетекен пысăк ĕç тесе шутлать. «Совет Союзĕн мирлĕ политики,—тесе çырать Индири «Нав Дживан» хаçат,—сивĕ вăрçăшăн тăракансене пĕтĕм тĕнче умĕнче тăрă шыв çине кăларчĕ, тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатрĕ тата вăрçă пирки хытă шавлассине чылай чакарчĕ».

Тĕнчери халиччен татса паман ыйтусене хăвăртрах, мĕнпур халăхсен интересĕсемшĕн кирлĕ пек йĕркелессишĕн Совет правительстви малашне те кĕрешĕ. «Анчах çакна тума эпир кăна вăй хуни çителĕклĕ мар,—тесе кăтартса пачĕ Н. С. Хрущев СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче каланă сăмахра.—Кунта пирĕн партнерсем те вăй хуни кирлĕ».

Хĕвеланăçĕнчи державăсем вара, пуринчен малтан Пĕрлешӳллĕ Штатсем, çавăн пек тума тăрăшмаççĕ. Вĕсем пачах урăхла ĕçлеççĕ, тĕнчери йывăр лару-тăрăва татах та çăмăллатас тĕлĕшпе тумалли мĕнпур ĕçсене хирĕç тăраççĕ, хĕçпăшалсăрланас шухăшпа килĕшмеççĕ.

Нумаях пулмасть Эйзенхауэр президент конгреса «Çĕршыври лару-тăру çинчен» послани янă. Унта США-па унăн союзникĕсен «çар хăватне сыхласа хăварма» кирли çинчен çĕнĕрен каланă, çăннипе илсен, малашне те васкасах хĕçпăшалланма чĕннĕ. Хĕçпăшалсăрланас ыйтăва хускатса, Эйзенхауэр хĕçпăшалсене тата хĕçпăшаллă вăйсене чакарассипе, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартассипе çыхăнса тăракан задачăсем çинчен пĕр сăмах та каламан.

Эйзенхауэр посланийĕ пирки «Нью-Йорк таймс» хаçат корреспонденчĕ Гамильтон çакăн пек вывод тăвать: хĕçпăшалсăрланасси çинчен «малтанхи 7—8 çул хушшинче США пайĕ е йышăннă сĕнӳсене Вашингтон текех хӳтĕлес çук». «Чăннипе илсен,—тесе çырать малалла корреспондент,—пурте çапла шутлаççĕ: Пĕрлешӳллĕ Штатсем атомлă е ытти йышши хĕçпăшаллă вăйсем тĕлĕшпе хăйсене нимĕнпе те пӳлесшĕн пулман, Эйзенхауэрăн сĕнĕвне (ССР Союзĕпе США пĕр-пĕрин территорийĕсене аэрофотоӳкерчĕксем туса илесси çинчен—Д. Б.), пуринчен малтан, шăпах çав тĕллевпе панă та ĕнтĕ».

Çак ыйту пиркиех «Нью рипаблик» журналта Америкăн çар обозревателĕ, отставкăри бригаднăй генерал Филипс çапла çырать: США правительстви атомлă хĕçпăшалпа усă курма шутлать, «Çавăнпа та вăл тĕнчери çĕршывсем атомлă хĕçпăшала пĕтерес тĕлĕшпе тăрăшса тăвакан ĕçсене хутшăнасшăн мар». Америкăн çар деятелĕсем, чăннипе илсен, «хĕçпăшалсăрланасси çинчен мĕнле те пулин калаçусем ирттерме чараççĕ», тесе çырать обозреватель.

Паллă ĕнтĕ, пĕр вăхăтра хĕвеланăçĕнчи державăсем хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе чылай ĕçсем тума ирттерме хатĕр тăни çинчен пĕлтерчĕç. Сăмахран, пилĕк аслă державăн хĕçпăшаллă вăйĕсене мĕн таран чакармалли çинчен каласса татăлнăччĕ. Хĕвеланăçĕнчи державăсен представителĕсем çакăнпа та килĕшнĕччĕ: хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсене каласса татăлнă виçен 75 проценчĕ чухлĕ чакарнă хыççăн ядернăй хĕçпăшала пĕтĕмпех чарса лартмалла, тенĕччĕ. Анчах та каярахпа вĕсем çак ыйтусене пăхса тухма килĕшмерĕç.

«Пăшăрханмалла ĕнтĕ,—терĕ Н. А. Булганин Югославири «Недельне информативне новины» хаçат директорĕн ыйтăвĕсем çине панă ответсенче,—хĕвеланăçĕнчи державăсем çак ыйту тĕлĕшпе хăйсем 1955 çулхи май уйăхĕччен йышăнса тăнă позицие улăштарчĕç, хăйсем панă сĕнӳсене те пăрахăçларĕç. Вĕсем, чăннипе илсен, хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсене чакармалла, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартмалла тăвас идейăна та йышăнасшăн мар, çакă вăл Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен Женеври канашлăвĕнче палăрчĕ».

Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен Женеври канашлăвĕнче Совет делегацийĕ çапла кăтартса пачĕ: хĕçпăшалсăрланасси çинчен тумалли килĕшĕвĕн хăш положенийĕсем тĕлĕшпе СССР, США, Англи тата Франци позицийĕсем пĕр пек е пĕр-пĕрин патне çывхарнă, çав положенисене пĕр-пĕринпе килĕшсе йышăнасси тăватă державăн тĕп задачи пулса тăмалла, терĕ. Совет делегацийĕ атомлă хĕçпăшала моральпе политика тĕлĕшĕнчен сивлесси çинчен Правительствăсен пуçлăхĕсен канашлăвĕнче Н. А. Булганин кăларса тăратнă проекта йышăнма сĕнчĕ. Хĕвеланăçĕнчи державăсем çак сĕнӳсене сирсе ячĕç, хăйсем хĕçпăшалсăрланассине хирĕç тănине пĕтĕм тĕнче общественноçĕ умĕнче кăтартса пачĕç.

Хĕçпăшалсăрланасси çинчен тăракан ыйтăва ООН Генеральнăй Ассамблейин X-мĕш сессийĕнче сӳтсе яврĕç. Анчах унта та Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе вĕсен союзникĕсем мĕнпур халăхсемшĕн питĕ кирлĕ çак ыйтăва сӳтсе явассине путлантарса лартмалли çулпа пычĕç.

Хĕçпăшалсăрланасси çинчен тăракан ыйту тăрăх Ассамблейăн X-мĕш сессийĕнче США, Англи, Франци тата Канада пĕрле сĕннипе йышăннă резолюци, ООН Ассамблейин унччонхи, тăххăрмĕш сессийĕ йышăннă резолюципе танлаштарсан, пĕр утăм каялла чакни пулса тăрать. Вуннăмĕш сесси йышăннă резолюци тĕп вырăнта тăракан чылай ыйтусем тăрăх пĕр-пĕринпе килĕштерсе йышăннă положенисене шута илмест, контроль тăвассине хĕçпăшалсăрланас ĕçрен уйăрать, хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе тĕнчери çĕршывсем хушшинче килĕшӳ тăвассине, чăннипе илсен, паллă мар срока хăварать. Сессире США тата ун хыççăн пыракан державăсем Совет делегацийĕн тӳрлетĕвне йышăнмарĕç, çав тӳрлетӳсенче хĕçпăшалсăрланасси çинчен килĕшӳ тума тĕрĕс çул-йĕр палартса панăччĕ. Çак державăсем Инди сĕннĕ тӳрлетĕве те йышăнмарĕç. Ку сĕнӳре контроль тăвас тата хĕçпăшалсăрланас ыйтусене пĕр пекех пысăк вырăна хума палăртнăччĕ.

Сири делегачĕ тăратнă резолюци проектĕнче ООН-ăн хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен Комиссине çапла тума сĕннĕ: çак комиссин подкомитетне çĕнĕрен пухмалла, вăл 1955 çулхи августăн 29-мĕшĕнче пуçланă ĕçе малалла туса пытăр, тенĕ. Анчах çак проекта та сирсе пăрахрĕç.

Васкаса хĕçпăшалланассине чарса лартма витĕмлĕ мерăсем йышăнас вырăнне «контроль» çинчен тата, пуринчен ытларах, аэрофотоӳкерчĕксем тăвас пирки Эйзенхауэр панă сĕнӳ çинчен пĕр усăсăр калаçнипех çырлахрĕç. Анчах та хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсене чакарасси, çынсене йышлăн пĕтерекен хĕçпăшалсене чарса лартасси çинчен пĕр-пĕринпе килĕшсе йышăннă решени çук чухне мĕнле контроль çинчен калаçу пулма пултарать-ха?

Аэрофотоӳкерчĕксем тăвасси çинчен тăратнă сĕнӳ хĕçпăшалсăрланас ыйтăвăн тĕп содержанине татса парас çуккине Н. С. Хрущев СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче каланă сăмахра уççăн та ĕнентерӳллĕн кăтартса пачĕ.

«Хĕçпăшалсене чакарма палăртман, ситменнине вĕсене ӳстерсе пыма шутланă условисенче территорисем тăрăх вĕçсе çӳрени, аэрофотоӳкерчĕксем туни, — терĕ Н. С. Хрущев, — вăрçăшăн тăрас тата вăрçăшăн шавлас шухăша вăйлатса яма кăна пултарать. Ку вара контроль пулмасть, контроль пекки те пулмасть. Чăннипе ку тепĕр енĕн вăйĕсене лайăхрах пĕлме усă курмалли меслет пулса тăрать.

Çак майпа пухнă сведенисемпе, юрăхларах самант суйласа илсе, пирĕн çине сасартăк килсе тапăнас ĕçре усă курма пултарасси паллă мар-и вара. Ыйтас килет, çакă вăл çар разведкинчен мĕнпе уйрăлса тăрать вара? Чăннипе илсен, нимĕнпе те уйрăлса тăмасть.

Хĕçпăшалсăрланас проблемăна чăннипех татса пама тăрăшни — урăх ĕç: хĕçпăшалсем мĕн чухлĕ пулмалли çинчен, атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа усă курма чарасси çинчен каласса татăлмалла, чугун çул узелĕсенче, тинĕсри базăсенче, аэродромсенче тата ытти çĕрте тĕнчери контролĕн тивĕçлĕ тата хальхи условисенче пурнăçа кĕртме юрăхлă системине туса хумалла, çакă вăл пĕр енĕ тепĕр енне сасартăк тапăнасран сыхлапма май парать. Çак мероприятисене пĕтĕмпех пурнăçа кĕртме пулать, вĕсене пур халăхсем те ырланă пулĕччĕç».

Анчах «сивĕ вăрçăшăн» тăракансем хĕçпăшалсăрланас ыйтăва çавăн пек тĕрĕс татса парасшăн мар. Практика çакна кăтартса парать: США тата унпа пĕрле агрессилле блоксене хутшăннă государствăсем хĕçпăшалсăрланма мар, малалла хĕçпăшалланма тăрăшаççĕ. Пурте пĕлеççĕ, Çурçĕр Атлантика блокĕн (НАТО) совечĕ НАТО çарĕсене ядернăй хĕçпăшалпа хĕçпăшаллантарассишĕн, Хĕвеланăç Германие çĕнĕрен хĕçпăшаллантарассине хăвăртлатассишĕн, Çывăхри Хĕвелтухăçпа Вăтаçĕрти Хĕвелтухăçĕнче вăрçа хатĕрленес ĕçе вăйлатассишĕн, НАТО-н Хĕвеланăç Европăри сывлăш-çар вăйĕсене виççĕмĕш пайĕ чухлĕ ӳстерессишĕн тăрать т. ыт. те.

Нумаях пулмасть сенатăн хĕçпăшаллă вăйсем тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн ларăвĕнче США оборона министрĕ Вильсон çапла каланă: «пирĕн (урăхла каласан США-н—Д. Б.) хĕçпăшаллă вăйсен пĕтĕм боевой хăвачĕ малалла ӳссе пырĕ», тенĕ. Министр кăçал хĕçпăшаллă вăйсенчи çынсен йышне ӳстерме, тинĕс-çар флочĕпе авиацие вăйлатма палăртни çинчен пĕлтернĕ.

Июлĕн 1-мĕшĕнче пуçланакан çĕнĕ бюджет çулĕнче США çар ĕçĕсем валли 35,5 миллиард доллар, урăхла каласан, иртнĕ çулхинчен 1 миллиард доллара яхăн нумайрах расходлама палăртнă. Чăннипе вара, «Вашингтон пост энд Таймс Геральд» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çар енĕпе пулăшмалли программăна пурнăçлама тата атом эрнегийĕпе вăрçăра усă курма хатĕрленме тухакан расходсене пĕрле илсе шутласан, çар расхочĕсем «40 миллиард доллар ытла, урăхла каласан, федеральнăй бюджетăн çурринчен чылай ытларах пулаççĕ».

Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсен çар деятелĕсем «атомлă стратеги» хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ, атомлă хĕçпăшалпа юпаççĕ. Нумаях та пулмасть Дюссельдорфра Англи авиацийĕн маршалĕ Слессер сăмах тухса каланă. Вăл халăхсен требованине хирĕç, çынсене йышлăн пĕтерекен хĕçпăшалсене чарса лартассине хирĕç каланă. «Эпир, — тенĕ вăрçăшăн хыпса çунакан çак çын,—атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартас шухăшпа килĕшме пултараймастпăр, унпа килĕшме пирĕн право та çук, мĕншĕн тесен çак хĕçпăшал пирĕн тĕп вăйĕ пулса тăрать», тенĕ.

Вăрçăшăн тăракансем çавăн пек сĕмсĕрленсе каланине час-часах илтме пулать. Вĕсем тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас шухăша сăмахпа ырлакан, чăннипе вара васкасах хĕçпăшал нумай хатĕрлеме, тĕнчери лару-тăрăва çивĕчлетме тăрăшакан çынсен чăн-чăн тĕллевĕсене пĕтĕм тĕнче умĕнче уççа кăтартаççĕ.

Анчах та, калас пулать, термоядернăй хĕçпăшал хăйсен «тĕп вăйĕ пулса тăрать» тесе чăрсăрланакан милитаристсем йăнăш тăваççĕ. «Хĕçпăшалсăрланас ĕçе хирĕç пырса, — терĕ Н. С. Хрущев, — хăшпĕрисем суя шухăш çине шанаççĕ: вĕсем хăйсене ыттисенчен вăйлă тесе шутлаççĕ, çавăнпа та хĕçпăшалсăрланни вĕсемшĕн усăллă мар, теççĕ. Эпир çав киревсĕр «вăйпа хăратас» политикăна тытса пыракансене асăрхаттарнă, асăрхаттаратпăр та: çак ытлашши хĕрсе кайса вылякан вăйăра вĕсем нумай çухатма пултараççĕ».

Мире юратакан халăхсем Совет Союзĕ тăвакан ĕçсене, хĕçпăшалсăрланас ыйтăва кирлĕ пек татса пама, мире çирĕплетме тата халăхсем валли хăрушсăрлăх туса хума вăй хурса тăрăшнине кура тăраççĕ тата тивĕçлипе хаклаççĕ. Çакăнпа пĕр вăхăтрах халăхсем хĕçпăшалсăрланас ĕçе хирĕç тăракансен маневрĕсене тимлĕ сăнаса пыраççĕ, вĕсен ĕçĕсене сивлеççĕ, хăйсен сыхăлăхне тата миршĕн кĕрешес ĕçри хастарлăхне ӳстерсе пыраççĕ. Халăх требованийĕ пур çĕрте те хăватлă хум пек ӳссе пырать: хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсене чакарас, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартас тĕлĕшпе пĕр тăхтаса тăмасăрах тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла, теççĕ халăхсем.

**Д. БОЧАРОВ.**

## Совет Союзĕпе Болгари Халăх Республики экономика енĕпе тунă çĕнĕ килĕшӳ çинчен

Совет Союзĕпе Болгари Халăх Республики хушшинчи туслăхăн тата экономика тĕлĕшпе тачă çыхăнса ĕçлессин принципĕсене асра тытса, Болгари ялхуçалăхне малалла аталантарас, çав шутра ăна механизацилес ĕçре пулăшас шутпа ССР Союзĕпе Болгари правительствисем, пĕр-пĕринпе каласса татăлса, 1956 çулхи февралĕн 3-мĕшĕнче çакăн пек Килĕшӳ тунă: 1956—1959 çулсенче Совет Союзĕ Болгари Халăх Республикине кивçен йĕркепе 300 миллион тенкĕлĕх тракторсем, комбайнсем, виндроуэрсем, подборщиксем, экскаваторсем тата ытти ялхуçалăх машинисемпе ăратлă выльăх парать.

Килĕшӳре çавăн пекех Болгарие çулталăкра 200—220 пин тонна аммиак селитри туса кăларакан азотпа тук завочĕ, çулталăкра 100 пин тонна суперфосфат туса кăларакан, малашне пысăклатма май килекен завод тăвас ĕçре техника тĕлĕшпе пулăшма палăртнă. Оборудованишĕн, проектсем туса хатĕрленĕшĕн тата çак заводсене тăвас ĕçре техника енĕпе пулăшнăшăн тӳлеме СССР правительстви Болгари правительствине 70 миллион тенкĕ кивçен панă.

Çак кивçен укçана çулталăкра икĕ процент тӳлесе тăмалли йĕркепе вунă çуллăха параççĕ. Ăна Болгари таварĕсемпе, çав шутра ялхуçалăх продукчĕсемпе тӳлесе татаççĕ.

Килĕшӳ çине СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганинпа Болгари Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Вылко Червенков алă пуснă.

Килĕшӳ çине алă пуснă çĕрте çаксем пулнă: Совет Союзĕ енчен—СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ А. И. Микоян, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ В. М. Молотов, Экономикăлла çыхăнусем тĕлĕшпе ĕçлекен Главнăй управлени начальникĕ К. И. Коваль, Экономикăлла çыхăнусем тĕлĕшпе ĕçлекен Главнăй управлени начальникĕн заместителĕ А. В. Захаров, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Европăри çĕршывсем тĕлĕшпе ĕçлекен 5-мĕш пайĕн заведующийĕн ĕçĕсене туса пыракан К. Д. Левычкин; Болгари енчен—Болгари Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ К. Луканов, Болгари Халăх Республикин ССР Союзĕнчи посольствин суту-илӳ тĕлĕшпе ĕçлекен советникĕ Ч. Напетов.

## *Рационализатор Николай Урослов*

Николай Павлович—Канашри вагонсем юсакан заводри паллă рационализаторсенчен пĕри. Хăй ĕçлеме пуçланăранпа 18 рационализаторла сĕнӳ панă, вĕсенчен чылайăшне пурнăçланă. Çав сĕнӳсене пурнăçа кĕртни завода темиçе вуншар пин тенкĕ перекетлеме, продукци туса кăларассине ӳстерме май панă.

Икĕ çул каялла П. Урослов юлташ сĕнĕвĕ тăрăх газорезчиксем штампсемпе усă курма тытăннă. Малтанах детальсене газорезкăпа касса хатĕрленĕ. Ун чухне пĕр газорезчик смена хушшинче сурмавагонсен люк угольникĕсем 120—140-рен ытла касса хатĕрлеймен. Ситменнине тата смена хушшинче 7—8 баллон кислород е чылай крассын расходланă. Çак ĕçех пресс станокĕ çинче штамп йĕркипе тума тытăнсан, рабочисен ĕç тухăçлăхĕ пилĕк хута яхăн ӳснĕ. Çак сĕнӳ çулталăкра 12—14 пин тенкĕ перекетлеме май парать.

Икĕ çул каялла кронштейнсене газорезкăпа касса хатĕрленĕ. Урослов юлташ сĕнĕвĕ тăрăх, çак детале те штамп çинче тума тытăннă. Малтан пĕр газорезчик смена хушшинче 5—6 баллон кислород расходланă, 160 кронштейн хатĕрленĕ, халĕ 1.000 хатĕрлет.

Заводра кивĕ детальсемпе тĕрĕс усă курман. Тимĕрçĕ цехĕнче кивĕ вагонсен люк угольникĕсене ахалех пăрахнă. Урослов юлташ сĕннĕ тăрăх, çав угольниксене ятарласа тунă вырăнта касса тӳрлетме пуçларĕç. Çак сĕнӳ çулталăкра 60—80 пин тенкĕ перекетлеме май парать. Хальхи вăхăтра, Урослов юлташ сĕнĕвĕ тăрăх, цехра вагон люкĕсене касса авас ĕçе çăмăллатма штамп хатĕрлеççĕ. Ку таранччен касас ĕçе пĕр пресс çинче икĕ çын, авассине тепĕр пресс çинче урăх рабочи тунă. Малашне çак икĕ операцие пĕр станок çинче тата пĕр çын çеç тума пуçлать.

Рационализаторла сĕнӳсене пурнăçласа пыни цех коллективне продукци туса кăларассине ӳстерме, унăн пахалăхне лайăхлатма май парать. Тимĕрçĕ цехĕ—малта пыракан цехсенчен пĕри. Кашни уйăхрах планран ирттерсе чылай продукци туса кăларать. Цехра ĕç нормине тултарса пыман рабочисем çук. Иртнĕ çулта цех коллективĕ, производство çурчĕсене пысăклатмасăрах, 1954 çулхинчен 1.547 тонна ытларах детальсем туса кăларчĕ, 255 пин тенкĕ перекетлерĕ. Çулталăк хушшинче ĕç тухăçлăхĕ 10 процент ӳснĕ.

Николай Павлович Урослов — тимĕрçĕ цех начальникĕн заместителĕ. Вăл хăйĕн политикăлла тата техникăлла пĕлĕвне ӳстерсе пырать. Заводра производство командирĕсен эрнере пĕр хут пулса иртекен занятийĕсене çӳрет, журналсем, кĕнекесем нумай вулать, партин историне харпăр хăй тĕллĕн вĕренет. Халĕ В. И. Ленинăн «Утăм малалла, икĕ утăм каялла» произведенине вĕренме тытăннă. Художествăлла литературăран юлашки вăхăтра Юлиус Фучикăн «Красное знамя», Н. Никитинăн «Северная Аврора» произведенийĕсене вуласа тухнă.

Паллă рационализатор Урослов юлташ обществăлла ĕçе те активлăн хутшăнать.

Çак кунсенче вăл рабочисене Директивăсен проекчĕпе паллаштарчĕ. Рабочисем çав историлле документпа паллашнă хыççăн продукци туса кăларассине вунă процентран кая мар, ĕç тухăçлăхне 12 процентран кая мар ӳстерме пулчĕç.

— Продукци туса кăларассине ӳстерме пирĕн майсем пумай,—каласа парать рационализатор Николай Урослов.—Кăçал йывăр ĕçсене механизацилес, производство технологине урăхлатса çĕнетес тĕлĕшпе организацилле-техникăлла ĕçсем чылай туса ирттерме шутлатпăр.

Рационализаторăн ĕмĕчĕсемпе шухăшсем пысăк. Вĕсене пурнăçлас пирки вăл иккĕленмест.

**Х. ЛИСИН.**

### КĔСКЕН

**Ялти драма кружокĕнче.** Красноармейски районĕнчи Тусайри вулав çуртĕ çумĕнчи драма кружокĕ юлашки вăхăтра П. Терентьевăн «Йăнăш утăм», Г. Пласкинăн «Ывăлĕ патĕнче», А. Кăлканăн «Авăнтарчĕç» тата ытти пьесăсене вылясa панă.

**Библиотекăра.** Элĕк МТС-ĕнче виççĕмĕш çул библиотека ĕçлет. Унта вуламалли пысăк зал пур. Библиотекăри кĕнекесен шучĕ 4 пин томран иртнĕ, вулакансем йышлă.

Библиотека вулакансен конференцийĕсене ирттерет. Çывăх вăхăтра М. Горькин «Амăшĕ» романĕ тăрăх конференци пулмалла. Механизаторсем библиотекăна докладсемпе лекцисем итлеме пухăнаççĕ.

## Хаçат-журнал сарас ĕçе лайăхлатар

РСФСР Çыхăну министерствин Чăваш АССР-ĕнчи управленийĕн работникĕсем ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе сахал мар ĕçсем тăваççĕ. 1955 çулта республикăра хаçат-журнал сармалли плана ирттерсе тултарнă. Çав ăнăçлăх хаçат-журнал çырăнтарма тытăниччен организацилле ĕçсем чылай туса ирттернинчен килчĕ. Хаçат-журнал çырăнтарас кампани пуçланиччен пур районсенче те Союзпечать работникĕсемпе, ялсенчи çыхăну уйрăмĕсемпе агентствисен начальникĕсемпе, почтальонсемпе канашлусем тата семинарсем ирттернĕ. Подписка йышăнас тĕлĕшпе ĕçлеме пĕтĕмпе пĕр пин ытла пункт тунă, çав ĕçе партипе совет активĕнчен 2.540 çын хутшăннă.

Ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал нумайрах сарассишĕн республикăри тата районсенчи çыхăну работникĕсем хушшинче социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Парти организацийĕсемпе обществăлла организацисем пысăк пулăшу пачĕç.

1955 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмпе 282 пин экземпляр хаçат-журнал сарнă пулсан, кăçалхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне çав хисеп 293 пин экземпляртан иртрĕ. Республика тулашĕнче пурăнакан чăвашсем те «Ялав» тата «Тăван Атăл» журналсене иртнĕ çулхисенчен чылай ытларах илсе тăраççĕ.

Халăх демократи çĕршывĕсенче тухакан хаçат-журналсем республикăна 160 экземпляр килсе тăраççĕ.

Кăçалхи подписка кампанине Пăрачкав, Улатăр, Канаш, Çĕмĕрле, Ишлей, Муркаш тата ытти хăшпĕр районсенчи çыхăну уйрăмĕсем ăнăçлă ирттерчĕç. Акă, сăмахран, Пăрачкаври çыхăну уйрăмĕ района уйăрса панă хаçат-журнал тиражне çĕнĕ çул пуçланиччен пĕр уйăха яхăн маларах сарса пĕтернĕ. Районта пĕтĕмпе 9.500 экземпляр хаçат-журнал сарнă.

Анчах хаçат-журнал сарас ĕçре çитменлĕхсем те сахал мар пулчĕç. Çавна пула пирĕн республикăна уйăрса панă хаçат-журнал тиражне пĕтĕмпех сарса çитереймен. Центрта тухса тăракан 20 хаçатран 7-шĕн тиражне, 394 журналтан 221 журнал тиражне сарса çитерейменрĕмĕр. Ялхуçалăх, наукăпа техника, халăха вĕрентес ĕç ыйтăвĕсем тăрăх тухса тăракан 101 журнала пĕтĕмпе 3.700 экземпляр вырнаçтарайман. «Сельское хозяйство», «Литературная газета», «Строительная газета» хаçатсене сарасси çинчен те çавнах каламалла.

Хаçат-журнал сарас ĕçе Калинино, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Сĕнтĕрвăрри, Советски, тата ытти хăшпĕр районсенчи çыхăну кантурĕсем сӳрĕккĕн ирттерчĕç. Советскинчи çыхăну кантурĕ районти хаçатăн тиражне те сарса çитереймерĕ.

Хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе ĕçлекен çыхăну работникĕсем умĕнче халĕ пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Вĕсен иккĕмĕшпе малашнехи кварталсемшĕн хаçат-журнал сарас ĕçе ăнăçлă ирттерме тăрăшмалла. Кунта нумайăшĕсен подписка срокĕ тухнине, хăшпĕр хаçат-журнал тиражне сарса çитерейменнине тĕплĕн шута илмелле пулать. Халĕ хаçатсенче КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи материалсем пичетленеççĕ. Съезд уçăлсан, съезд материалĕсене пичетлеме тытăнаççĕ. Çав материалсем пичетленекен хаçатсене Союзпечать киоскĕсенче сутасси çине те питĕ тимлĕ пăхмалла пулать.

Хаçат-журналсене подписчиксем патне вăхăтра çитерсе парасси—пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç. Анчах ку ĕçре те пирĕн çитменлĕхсем сахал мар-ха. Хăшпĕр çыхăну кантурĕсемпе уйрăмĕсен, çавăн пекех почтальонсен айăпĕпе хаçат-журналсене подписчиксем патне питĕ кая юлса çитерсе параççĕ. Хаçат-журналсене вăхăтра пырса памани çинчен, сăмахран, Элĕк, Сĕнтĕр, Чурачăк, Хĕрлĕ Чутай, Сĕнтĕрвăрри районĕсенче жалобăсем нумай. Шупашкарпа Улатăр хулисенче те çавăн пек çитменлĕхсем час-часах пулаççĕ. Хаçат-журналсене вăхăтра пырса памани ĕççыннисене хытă тарăхтарать. Анчах çыхăну кантурĕн начальникĕсем Пульхеровскипе Яницкий тата вĕсен помощникĕсем Невскипе Цыпленков юлташсем ĕççыннисен жалобисене кирлĕ пек шута илмеççĕ, çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшмаççĕ.

Хаçат-журнал сарас, вĕсене ĕççыннисем патне вăхăтра çитерес ĕçри çитменлĕхсене халех пĕтерни кирлĕ. Республикăри çыхăну работникĕсем КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне хĕрӳллĕн ырлаççĕ. Вĕсем çĕнĕ пилĕкçуллăхра хăйсем умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлама хатĕр тăраççĕ. Çыхăну работникĕсем совет пичетне халăх хушшине ытларах сарас тата ăна вулакансем патне хăвăрт çитерсе парас тĕлĕшпе мĕн кирлине пурне те тăвĕç.

**П. КУДРЯШОВ.**
**Республикăри çыхăну управлени начальникĕн заместителĕ.**

### *Пропагандистсемпе агитаторсен семинарĕсем*

КАНАШ. (Хамăр корр.). Парти хула комитечĕ пропагандистсемпе агитаторсене КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕпе тĕплĕн паллаштарас шутпа ятарласа семинар ирттерчĕ. Унта 100 çын ытла пулчĕ. Семинарта КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ Директивăсен проекчĕ çинчен КПСС хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ Иванов юлташ доклад туса пачĕ.

Çакăн пек семинар чугун çул узелĕнче те ирттернĕ. Çитес кунсенче вагонсем юсакан заводра та агитаторсемпе пропагандистсен семинарне ирттерме палăртнă. Халĕ пуçламăш парторганизацисенче Директивăсен проектне сӳтсе яваççĕ, коммунистсем уйрăм сĕнӳсем параççĕ.

### Шахматистсем валли лекци ирттернĕ

Шупашкарта хулари шахматистсем валли «Шахмат енĕпе тĕнчере мала тухассишĕн» темăпа лекци пулчĕ. Лекцие шахмат енĕпе СССР мастерĕн кандидачĕн ятне илнĕ Л. Радченко (Краснодар крайĕнчен) юлташ вуларĕ. Вăл XIX-мĕш ĕмĕртен пуçласа çак вăхăта çитиччен шахматистсем тĕнчере мала тухассишĕн ăмăртса выляни, совет шахмат шкулĕ пысăк çитĕнӳ туса пыни çинчен каласа пачĕ, XIX-мĕш ĕмĕрти вăйлă шахматист Андерсен вырăссен аслă шахматисчĕ М. Чигорин çамрăк шахматистсем енĕпе тĕнче чемпионĕн ятне илнĕ Б. Спасский вылянă уйрăм партисене илсе кăтартрĕ.

Лекци хыççăн Л. Радченко 24 çынпа пĕр вăхăтра шахматла вылямалли сеанс ирттерчĕ. Мастер кандидачĕпе Шупашкарти вăйлă шахматистсем вылярĕç. Радченко 8 партин выляса илчĕ, 11 партие нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçлерĕ тата 5 партие выляса ячĕ.

### РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

*Вырăнти вăхăтпа*

**ФЕВРАЛĔН 7-МĔШĔНЧЕ**

18.50—Тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсем тăрăх хатĕрленĕ передача. 19.05—Съезд делегачĕ ятлă очерк тата «Мастер калаçать» ятлă передача. 19.25—«Туапсе» танкерĕн капитанĕ В. Калининпа унăн пĕрремĕш помощникĕ Д. Кузнецов хăйсем гоминдановецсен тыткăнĕнче пулни çинчен каласа кăтартнин пĕр сыпăкĕ.

**ФЕВРАЛĔН 8-МĔШĔНЧЕ**

18.50—Вăтам тата аслă классенче вĕренекен шкул ачисен передачи. «Планетăсем хушшинче вĕçесси» ятлă калаçу. 19.05—«Пысăк тухăçлă техникăлла культурăсемшĕн» ятлă передача. 19.25—Концерт. Вырăс халăх юррисем.

**ФЕВРАЛĔН 9-МĔШĔНЧЕ**

8.20—«Партипе халăх» ятлă калаçу. 8.40—Концерт. Мирпе туслăх юррисем. 18.50—КПСС историне вĕренекенсене пулăшма. «Коммунистсен партийĕн аграрлă программи» ятлă лекци. 19.20—Радио итлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт.

**Редактор заместителĕ П. Н. НИКОЛАЕВ.**

### Театр

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 5-мĕшĕнче кăнтăрла чăвашла спектакль «**Мещенсем**», каçхине чăвашла спектакль «**Юрату вилĕмсĕр**», февралĕн 6-мĕшĕнче вырăсла спектакль «**Люська**», февралĕн 7-мĕшĕнче вырăсла спектакль «**Несчастный случай**». Спектакльсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### Кино

«**РОДИНА**». Февралĕн 5-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм «**Депутат Балтики**», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче Венгрире кăларнă илемлĕ фильм «**Особая примета**» кăтартаççĕ.

«**УДАРНИК**». Февралĕн 5-мĕшĕнче музыкăлла çĕнĕ кинокомеди «**Хитрость старого Ашира**» кăтартаççĕ. Сеанссем 16.15, 18.15, 20.15 тата 22.15 сехетсенче пуçланаççĕ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00032 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37,000 экз.